ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Август
2
ВЫРСАРНИКУН
№ 150 (9059)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

**Паян—Пĕтĕм Союзри чугун çул работникĕсен кунĕ**

„Чугун çулсем тăрăх поездсем çÿретессине ÿстерессипе чугун çул транспорчĕн тĕп задачи пулать тесе шутламалла“

*(Партин XIX-мĕш съезчĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенчен).*

## Чугун çул работникĕсен уявĕ

Паян—Пĕтĕм Союзри чугун çул работникĕсен кунĕ. Чугун çул транспортĕнчи рабочисемпе служащисем паян хăйсен ĕçри çитĕнĕвĕсене пăхса тухаççĕ, умри пысăк задачăсене ăнăçлăрах пурнăçлама палăртаççĕ. Чугун çул транспортĕнчи работниксен уявне совет çыннисем коммунизм строительствинчи чаплă ÿсĕмсемпе кĕтсе илчĕç. Ĕççыннисен политикăлла тата производствăлла активлăхĕ ÿсех пырать.

Совет çыннисем Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе çĕршывăн производительнăй вăйĕсене, культурăна пĕрмаях аталантарса пыраççĕ. Вĕсем, партин XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсемпе хавхаланса, ССР Союзне аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана срокчен тултарассишĕн, коммунизм строительствинчи çĕнĕ ÿсĕмсемшĕн çине тăрса кĕрешеççĕ. Халăх хуçалăхне 1953 çулта аталантармалли государство планне пĕрремĕш çурçуллăхра тултарни çинчен çак кунсенче пĕлтернĕ итогсем совет çыннисем пур ĕçре те чаплă ÿсĕмсем тунине кăтартса параççĕ.

Пирĕн çĕнтерÿсен организаторĕ тата хавхалантараканĕ — Коммунистсен партийĕ. Çак кунсенче аллă çул тултарнă Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ совет çыннисене коммунизм çĕнтерĕвĕ патне шанăçлăн илсе пырать. Пирĕн халăх юратакан тата халăх шанса тăракан тăван парти—Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ, коммунизм строительствинчи пысăк задачăсене пурнăçа кĕртсе, социализмла нумай нациллĕ государствăна малалла тĕреклетсе пырать, халăх пурнăçне тата унăн культурине ÿстерме ывăнма пĕлмесĕр тăрăшать. Парти промышленносри тата ялхуçалăхĕнчи резервсемпе туллин усă курассишĕн, çакна май ССР Союзне аталантармалли пилĕк çуллăх плана ăнăçлă тултарассишĕн, КПСС XIX-мĕш съезчĕ кăларса тăратнă задачăсене пурнăçа кĕртессишĕн активлăн кĕрешме хавхалантарса пырать, вырăнсенчи мĕнпур парти, совет, профсоюз, комсомол организацийĕсене çак ĕçре ĕççыннисен творчествăлла активлăхне ÿстерме хушать.

Коммунизмла общество туса çитерме пирĕн пур условисем те çителĕклĕ. Пирĕн Тăван çĕршывăн çутçанталăк пуянлăхĕсем вĕçĕмсĕр нумай. Çак пуянлăхсемпе пĕлсе тата туллин усă курас ĕçре чугун çул транспорчĕн пĕлтерĕшĕ питех те пысăк. Социализмла халăх хуçалăхĕ валли турттаракан пĕтĕм грузсенчен 80 процентне чугун çулĕсем тăрăх турттараççĕ, пĕтĕм пассажирсенчен 90 процентне—чугун çулĕсем тăрăх илсе çÿреççĕ.

Иртнĕ пилĕкçуллăхсем вăхăтĕнче чугун çул транспорчĕ пур енĕпе те вăйлă аталанчĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕ панă директивăсем тăрăх çак пилĕкçуллăхра чугун çул транспортĕнче грузсем турттарассине 35—40 процент ÿстермелле. Иртнĕ пилĕкçуллăхрипе танлаштарсан, иккĕмĕш çулсем туса ĕçе ярассине 60 процента яхăн, электрификациленĕ чугун çулсем туса ĕçе ярассине 4 хут ÿстермелле. 1946—1950 çулсенчипе танлаштарсан, 2,5 хута яхăн ытларах çĕнĕ чугун çулсем туса ĕçе кĕртмелле, пилĕкçуллăх вĕçĕнче, 1950 çулхипе танлаштарсан, автоблокировка тунă участоксен тăршшĕне 80 процента яхăн, автостопсем тунă участоксен тăршшĕне 2,5 хутран кая мар ÿстермелле, çавăн пекех электричествăпа ĕçлекен стрелкăсен хисепне 2,3 хута яхăн ÿстермелле. Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе партин XIX-мĕш съезчĕ панă директивăсенче çавăн пекех поездсене çÿретес тата маневрсем тăвас ĕçре радио çыхăнăвĕпе усă курассине малалла аталантарма, магистральнăй пăравуссем, электровозсем, тепловозсем, изотермически вагонсем, грузсем турттармалли тата пассажирсем илсе çÿремелли вагонсем кирлĕ чухлĕ туса кăларма, пăравуссемпе тата вагонсемпе усă курассине лайăхлатма палăртнă.

Совет çыннисем пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана ăнăçлă пурнăçлассишĕн ывăнма пĕлмесĕр кĕрешеççĕ. Пĕтĕм халăхпа пĕрле чугун çул транспортĕнчи работниксем те ÿсĕм хыççăн ÿсĕм туса пыраççĕ. Пирĕн çĕршыври чугун çул транспорчĕ çĕнĕ техникăпа хĕçпăшалланнă, малта пыракан транспорт пулса тăчĕ. Тунă çитĕнÿсемпе хавхаланса, чугун çул транспортĕнчи работниксем татах та çĕнĕ ÿсĕмсемшĕн, социализмла транспорт чысĕпе мухтавне çÿлерех çĕклессишĕн тăрăшса ĕçлеççĕ.

Пĕтĕм çĕршыври чугун çул работникĕсемпе пĕрле пирĕн республикăри чугун çул работникĕсем те паянхи уява савăнăçлă палăртаççĕ. Партипе правительство куллен тăрăшнипе республикăра пултаруллă специалистсем, ĕç новаторĕсем сахал мар ÿссе çитĕнчĕç. Канаш деповĕнчи пултаруллă машинистсене — СССР Верховнăй Совет депутатне Назаров юлташа, Казиков, Пухов, Бакулин юлташсене, Улатăр деповĕнчи Горбунов, Быков, Рожков, Тихонов тата ытти юлташсене республика ĕççыннисем мухтаса асăнаççĕ. Малта пыракан машинист-новаторсем, йывăр тиенĕ составсем илсе çÿресе, нормăран ирттерсе грузсем нумай турттараççĕ, поездсене пысăк хăвăртлăхпа илсе çÿреççĕ, çĕр кăмрăкĕ нумай перекетлеççĕ.

Чугун çул транспортĕнчи ытти нумай специалистсем — составительсем, диспетчерсем, весовщиксем, стрелочниксем, обходчиксем, чугун çул предприятийĕсемпе мастерскойĕсенчи тата депосенчи рабочисем хушшинче те стахановецсен шучĕ ÿссех пырать.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатма, халăх хуçалăхĕн экономикине пĕрмай ÿстерсе пыма, формипе нациллĕ, содержанийĕпе социализмла культурăна чечеклентерме тăрăшаççĕ. Канашпа Шупашкар хушшинчи чугун çула туса пĕтерсе ĕçе яни республика столицине Совет Союзĕнчи ытти хуласемпе çыхăнтарма, пирĕн республика халăх хуçалăхне вăйлăн аталантарма пулăшрĕ. Çак чугун çулпа халĕ кашни кунах пиншер тонна тĕрлĕ грузсем турттараççĕ, пиншер пассажир илсе çÿреççĕ. Пирĕн ĕççыннисем партипе правительствăна телейлĕ пурнăçшăн вĕçĕмсĕр тав тăваççĕ. Вĕсем юратнă Тăван çĕршыв вăй-хăватне ытларах ÿстерме, социализм строительствинче çĕнĕрен те çĕнĕ ÿсĕмсем тума тăрăшаççĕ.

Çак кунсенче чугун çул работникĕсем умĕнче чыслă та ответлă задачăсем тăраççĕ. Халăх хуçалăх грузĕсене турттарас, поездсене илсе çÿрес, вагонсен çаврăнăшне хăвăртлатас, техникăпа усă курас ĕçе пур майсемпе лайăхлатса пымалла, малта пыракансен опытне пур çĕре те сармалла. Республикăри колхозсем государствăна тырă пама тытăнчĕç. Чугун çул транспортĕнчи работниксем тырпулсене вăхăтра кирлĕ вырăна çитерсе пама, ĕçри простойсене пĕтерессишĕн çине тăрса тăрăшма тивĕçлĕ. Кунпа пĕрлех çак кунсенче хĕле лайăх хатĕрленессишĕн тимлĕ ĕçлемелле, çакна май чугун çул транспортне хĕлле те çуллахи пекех калкал ĕçлекен тумалла.

Пĕтĕм Союзри чугун çул работникĕсен кунне пирĕн совет халăхĕ ĕçри чаплă ÿсĕмсемпе кĕтсе илчĕ. Анчах совет çыннисем нихçан та хăйсем тунă ÿсĕмсемпе лăпланса лармаççĕ. Чугун çул транспортĕнчи работниксен хăйсен ĕçне татах та лайăхлатма, халăх интересĕсене туллин тивĕçтерсе пыма тăрăшмалла.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ кăларса тăратнă историллĕ задачăсене ăнăçлă пурнăçлассишĕн, коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн нихçанхинчен те активлăн кĕрешмелле.

Пирĕн ĕççыннисем чугун çул транспортĕнчи работниксене уяв ячĕпе саламласа, мухтавлă ĕçе татах та ăнăçлăрах туса пыма ырă сунаççĕ.

Совет чугун çул транспорчĕн работникĕсене мухтав!

## Чугун çул работникĕсен кунне пур çĕрте те уявлаççĕ

Чугун çул работникĕсен кашни çул иртterекен праçникне совет халăхĕ кăçал Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ 50 çул тултарнине палăртнă кунсенче, çĕршывра политикăлла çĕкленÿ тата производствăри активлăх ÿснĕ кунсенче уявлать.

Чугун çул станцийĕсенче, депосенче, çулсен дистанцийĕсенче, транспорт заводĕсемпе стройкисенче чугун çул транспорчĕ çинчен лекцисем, докладсем, калаçусем ирттереççĕ.

Уяв умĕн ВЦСПС-па Çул-йĕр министерстви Пĕтĕм Союзри чугун çул çинче ĕçлекенсен 1953 çулхи иккĕмĕш кварталти социализмла ăмăртăвĕн итогĕсене пăхса тухнă. Транспортра малта пыракан 60 коллектива ытла, çав шутра чугун çулăн столицăри узелĕн 14 коллективне, куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавсем тата пĕрремĕш премисем пама йышăннă. Ĕçре çитĕнÿсем тунăшăн ВЦСПС-па Çул-йĕр министерствин куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавĕсене каллех Мускав тавралли чугун çулпа Мускав метрополитенĕн коллективĕсен аллинче хăвармалла тунă. Лихоборти вагон деповĕ кăçалхи пĕрремĕш кварталта СССР Министрĕсен Совечĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне илнĕ. Çав ялава иккĕмĕш кварталти ĕçсемшĕн те çав депорах хăварнă.

Чугун çул транспортĕнче кăçалхи пĕрремĕш çурçуллăхра талăкра вăтам шутпа грузсем тиемелли пĕтĕмĕшле плана 100,8 процент тултарнă. 1952 çулăн пĕрремĕш çурçуллăхĕнчипе танлаштарсан, кăçал чугун çулсем çинче талăкра вăтам шутпа грузсем тиесси ÿснĕ, грузсем тиенĕ вагон каялла çаврăнса çитмелли вăхăт вăтам шутпа чакнă. Халиччен тунă çитĕнÿсене çирĕплетсе, транспорт работникĕсем çак кунсенче 1953 çулхи заданисене ăнăçлă пурнăçлассишĕн социализмла ăмăртăва татах та ытларах вăйлатаççĕ.

Августăн 1-мĕшĕнче Мускавра М. Горький ячĕпе тăракан Культурăпа кану паркĕн Зеленăй театрĕнче Пĕтĕм Союзри чугун çул работникĕсен кунĕ ячĕпе савăнăçлă лару пулнă. (ТАСС).

# Тырпул пухса кĕртес, государствăна тырă парас ĕçре социализмла ăмăртăва вăйлатса пырар!

## Государствăна—тырă

ВĂРНАР. Хатĕрлев пунктне тырă тиенĕ автомашинăсемпе лавсем татти-сыпписĕр килме пуçларĕç. Калинино районĕнчи Энгельс ячĕпе тăракан колхоз, государствăна 120 центнер çĕнĕ тырă парса, малтанхи квитанци илчĕ. Халĕ колхоз кашни кунах хатĕрлев пунктне тырă леçет. Çак районти «Правда» колхоз государствăна вуншар центнер ыраш тата пăрçа пачĕ. Ворошилов ячĕпе, Свердлов ячĕпе, Чапаев ячĕпе тăракан колхозсем те кашни кунах хатĕрлев пунктне тырă турттараççĕ.

Вăрнарти хатĕрлев пунктне Элĕк, Красноармейски, Шăхасан районĕсенчи колхозсем те тырă параççĕ. Шăхасан районĕнчи «Красная Армия» колхоз 25 центнер пăрçа леçрĕ. **С. ФЕДОТОВ.**

СОВЕТСКИ. Чылай колхозсем пĕрремĕш пилĕккунлăхра государствăна тырă памалли графика иртterсе тултарчĕç. «Дружба» колхозри транспорт бригади автомашинăсемпе 105 центнер тырă леçсе пачĕ. «Герой», Хрущев ячĕпе тăракан колхозсем те государствăна çĕнĕ тырă пама тытăнчĕç.

Шверник ячĕпе, Володарский ячĕпе тăракан, «За коммунизм», «Восход» колхозсем иккĕмĕш пилĕккунлăх шучĕпе тырă параççĕ.

КАЛИНИНО, июлĕн 24-мĕшĕ. (Телефонпа). Хрущев ячĕпе тăракан колхозри бригадăсем тырпул пухса кĕртес ĕçре пĕр-пĕринпе ăмăртса ĕçлеççĕ. Ăмăртура В. Горин бригади малта пырать. Кунта колхозницăсем нумайăшĕ куллен 0,16-шар гектар ыраш выраççĕ. Ку таранччен бригада ыраша çурри ытла вырса çĕмеле хывнă.

Колхоз уй-хирĕсенче МТС-ăн ~~икĕ~~ комбайнĕ ĕçлет.

**Г. МАЛЬЦЕВ,**
**М. ВАСИЛЬЕВ.**

КАНАШ, июлĕн 31-мĕшĕ. (Телефонпа). Кунти хатĕрлев пунктне машина хыççăн машина килме пуçларĕ. Вĕсем государствăна пама çĕнĕ тырă илсе килеççĕ. Çĕнĕ тырă пани çинчен Шăхасан районĕнчи Мичурин ячĕпе тăракан колхоз пуçласа квитанци илчĕ. Ку колхоз государствăна 120 центнер тырă пачĕ, «Дружба» колхоз—130 центнер, «Красный Октябрь»—70 центнер, Киров ячĕпе, Куйбышев ячĕпе тăракан колхозсем 60-шар центнер илсе килнĕ. Районтан мĕн пурĕ 10 колхоз çĕнĕ тырă пама тытăннă.

Енер ытти районсенчи колхозсем те çĕнĕ тырă пама пуçларĕç. Тăвай районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз—20 центнер, Çурачăк районĕнчи «Дружба» колхоз—10 центнер панă. Çавăн пекех Канаш районĕнчи «Красное пламя» колхоз та, партин иккĕмĕш съезчĕ пулнăранпа 50 çул тултарнă ятпа 130 центнер çĕнĕ тырă парса, июль уйăхĕнчи графика икĕ хут ÿстерсе тултарчĕ.

**П. ЩИПЦОВ.**
**(Хамăр корр.).**

## Кашни пĕрчĕ тырă пÿлмене кĕтĕр

Пирĕн колхоз членĕсем, малта пыракан агротехника вĕрентнĕ пек ĕçлесе, çултан-çул вăйлă тырпул туса илеççĕ. Колхоз пĕлтĕр тырпул тухăçне ÿстермелли плана иртterсе тултарчĕ. Çуракине кĕске срокра иртterни, тырпула лайăх пăхса çитĕнтерни кăçал та хăйĕн пархатарлă тивлетне парать. Çакă паллă: КПСС XIX-мĕш съезчĕн кăтартăвĕсене пурнăçласа, колхоз кăçал тырпул туса илмелли плана чылай иртterсе тултарать.

Ыраш вырăнăн-вырăнăн пулса çитсенех, колхозниксем пурте пĕр çын пек пулса, тырă вырма тухрĕç. Пирĕн хирсенче кашни кун 300—350 çын ĕçлет. Пĕрисем ыраш выраççĕ, теприсем пăрçа çулаççĕ, ыттисем авăн çапса государствăна тырă леçеççĕ. Колхоз правленийĕпе парторганизаци мĕнпур ĕçсене комплекслă майпа туса пыма тăрăшать.

Тырă вырас, авăн çапас тата государствăна ялхуçалăх продукчĕсем леçес ĕçсене пĕр вăхăтра туса пыма артелĕн шалти вăйĕсемпе майĕсем çителĕклĕ. Социализмла ăмăртăва сарса ярса тата ĕçе тĕрĕс йĕркелесе, 4-мĕш бригада пилĕк кунта ыраш вырса пĕтерчĕ. Ыраш вырса çĕмеле хывас ĕçе ытти бригадăсем те ыран-паян вĕçлеççĕ.

Колхозниксен ĕçри хастарлăхне ÿстерме ĕçе сдельщинăпа йĕркелени тата ĕçшĕн хушса тÿлени нумай пулăшать. Пирĕн артельте çакăн пек йĕрке пур: тырра нормăран иртterсе выракансене ĕçкунĕ икĕ хут ÿстерсе çыратпăр. Н. Делова, А. Белова, С. Салтыкова, М. Рожнова, Е. Иванова, М. Захарова колхозницăсем ыраш вырмалли нормăна кашни кун 1,5—2 хут иртterсе тултарчĕç, 7—8-шар ĕçкунĕ турĕç. Çакă савăнтарать: уй-хирте ĕçлекенсем пурте пекех хăйсен нормисене иртterсе тултараççĕ.

Тăкаксемпе кĕрешесси—тырпул пухса кĕртес ĕçри тĕп задача. Пирĕн ял ĕçченĕсем кирек мĕнле ĕçе те тĕплĕ тунипе мухтанма пултараççĕ. Уйрăмах вĕсем артель пурлăхне—ылтăн тырра пухса кĕртнĕ çĕрте типтерлĕ ĕçлеççĕ. Тырра çиелтен вырни, тăккаланчăк хăварни пирĕн артель членĕсемшĕн айăплă ĕç тунипе пĕрех шутланать. Кашни колхозник хăйĕн участокĕнчи тырра вырса çĕмеле хывнă хыççăн тăккаланчăксене пуçтарать. Бригадир колхозникăн ĕç пахалăхне, председатель бригадăн ĕç пахалăхне хакласа йышăнасси пирĕн артельте тахçанах йăлана кĕнĕ. Çавăнпа ĕнтĕ пирĕн уй-хирте тăккаланчăк юлнине курма хĕн, колхозниксем хăйсем тар юхтарса çитĕнтернĕ кашни пĕрчĕ тырра пÿлмене хывма тăрăшаççĕ.

Тырă вырма тухсан 4—5 кунтанах авăн çапма тытăнтăмăр. Итем çинчи мĕнпур ĕçсене—авăн çапассине, тырă сăвăрассине тата улăм купалассине механизациленĕ. Колхоз гидростанцийĕ тата Куславккари çуртсем тăвакан завод паракан электроэнерги авăн çапас ĕçе çĕрĕн-кунĕн пĕр чарăнмасăр туса пыма май парать. Икĕ автомашинăпа Тĕрлемесри хатĕрлев пунктне тырă леçсе паратпăр. Государствăна тырă памалли малтанхи пилĕккунлăхри графика иртterсе тултартăмăр. Тырă леçес ĕçе кунран-кун хăвăртлатса пырса, эпир кăçал та районта чи малтан государствăна тырă парса татассишĕн кĕрешетпĕр.

Артель правленийĕ, хĕрарăмсен ĕçне çăмăллатас шутпа, столовăй тата ача яслийĕ уçрĕ. Уй-хирте ĕçлекен кашни бригадăрах кунсерен пĕр хут вĕри апат пĕçерсе çитерессĕ.

Пуçламăш парторганизаци (секретарĕ Кудряшов юлташ) колхозниксем хушшинчи политикăлла-массăлла ĕçе тырпула вăхăтра тата типтерлĕ пухса кĕртес, государство умĕнчи обязательствăсене срокчен пурнăçлас тĕллевпе туса пырать. Агитаторсем колхозниксене партипе правительствăн политики çинчен, тĕнчери лару-тăру çинчен, Тăван çĕршывăн мирлĕ ĕçĕпе пурнăçĕ çинчен ăнлантарса параççĕ. Уй-хир бригадисенче тата строительство бригадинче те тăтăшах боевой листоксем туха тăраççĕ. Социализмла ăмăртăвăн кулленхи итогĕсем çинчен ялти радиоузел тăрăх пĕлтерсе тăратпăр. Пирĕн колхоз кÿршĕри «Динамо» ялхуçалăх артелĕпе ăмăртса ĕçлет. Ăмăртакан колхозсенче тырпул пухса кĕртес ĕç мĕнле пынине çак кунсенчех хире-хирĕç тĕрĕслетпĕр.

Хальхи тапхăрти тепĕр пысăк ĕç вăл—обществăлла выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма хатĕрленесси. Тырă вырма тухиччен çаран утине пĕтĕмпех çулса капана хывrăмăр. Утă кашни гектартан планпа палăртнă 18 центнер вырăнне 32 центнер тухрĕ. Тырпул пухса кĕртнипе пĕр вăхăтрах силос хывас, выльăх витисем лартас ĕçсене туса пыратпăр. К. Ергачев юлташ ертсе пыракан строительство бригади сысна вити туса пĕтерет. Унсăр пуçне автогараж лартаççĕ, овощехранилище тăваççĕ.

Çуракине ăнăçлă иртterнĕшĕн КПСС райкомĕпе райсовет исполкомĕн куçса çÿрекен хĕрлĕ ялавне пирĕн колхоза пачĕç. Ялхуçалăх çулĕн итогĕсем тăрăх та çав ялав пирĕн алăрах юлĕ.

**В. ТИМОФЕЕВ,**
**Куславкка районĕнчи «Правда» колхоз председателĕ.**

## Тырă памалли графика 352 процент пурнăçланă

ЕТĔРНЕ. (Телефонпа). Вăйлă тырпула кĕске срокра тата пĕр тăкаксăр пухса кĕртессишĕн пыракан социализмла ăмăртура «Родина» тата Шверник ячĕпе тăракан колхозсем мала тухрĕç. Çак ялхуçалăх артелĕсем августăн 1-мĕшĕ тĕлне кĕрхи тырăсене вырса пĕтерчĕç.

Буденный ячĕпе тăракан, «Правда» тата Маленков ячĕпе тăракан колхоз членĕсем те кĕрхи тырăсене çак кунсенчех вырса пĕтереççĕ.

Государствăна срокчен тырă парса татассишĕн колхозсем хушшинче пыракан ăмăрту уйрăмах вăйлăн сарăлса пырать. Районти колхозсем иртнĕ пилĕккунлăхра государствăна тырă памалли графика 352 процент тултарчĕç. Государствăна срокчен тырă парса татассишĕн пыракан ăмăртура «Родина», Буденный ячĕпе, Шверник ячĕпе тăракан, «Правда», Чапаев ячĕпе тăракан колхозсем малта пыраççĕ.

Районта юлса пыракан колхозсем те пур. Тырпул пухса кĕртес, государствăна тырă тата ытти ялхуçалăх продукчĕсем парас тĕлĕшпе юлса пыракан колхозсене пулăшма МТС-ран çĕнĕрен ялхуçалăх машинисем янă. Çавăн пекех районти предприятисемпе учреждениесенчен колхозсене пулăшма автомашинăсем уйăрса панă.

Колхозсенчи çĕршер агитаторсем ялхуçалăх ĕçченĕсене пысăкрах ÿсĕмсем тума хавхалантарса пыраççĕ. Ăмăртура коммунистсемпе комсомолецсем лайăх тĕслĕхсем кăтартаççĕ, ĕçре ÿсĕмсем тумалли майсене, лайăх опыта мĕнпур колхозниксем хушшинче сарса пыраççĕ.

**И. ЖЕЛЕЗНОВ,**
**Етĕрне райисполком председателĕн заместителĕ.**

## Хастарлă ĕçĕн ăнăçлăхĕ

ЕЛЧĔК. Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз ыраш вырса тата пăрçа çулса пĕтерчĕ. Колхозниксемпе колхозницăсем пысăк çĕкленÿпе тăрăшрĕç, машинăсемпе туллин усă курчĕç. Ыраша виçĕ комбайнпа тата вунпилĕк жнейкăпа вырчĕç. Комбайнерсемпе нумай машиновedсем кулленхи нормăна иртterсе тултарса ĕçлерĕç.

Халĕ колхоз ĕçченĕсем ыраш кĕлтисене итем çине турттараççĕ, авăн çапаççĕ, транспорт бригади хатĕрлев пунктне çĕнĕ тырă леçсе тăрать. А. Чернов механизатор вăрлăхлăх хăварнă нумай çул ÿсекен курăксене комбайнпа çулса пухать.

Июлĕн юлашки пилĕккунлăхĕнче колхоз государствăна тырă нумай пачĕ, графика ытлашшипех тултарчĕ.

**А. ЖЕЛЕЗОВ,**
**колхозри парторганизаци секретарĕ.**

## Ĕç тухăçлăхне ÿстерсе пымалла

ÇĔРПУ. Районти колхозсем тата МТС-ри механизаторсем тырпул пухса кĕртме тытăннăранпа эрне ытла иртрĕ. Тырпул тухăçĕ пур колхозсенче те пысăк, гектар пуçне 100-шер пăт тĕштырă пухса кĕртекен уй-хир бригадисене речĕпех кăтартса пама пулать.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ĕççыннисен ырлăхĕшĕн тăрăшнине хастарлă ĕçпе ответлесе, механизаторсемпе колхозниксем тырпула кĕске срокра тата пысăк пахалăхпа пухса кĕртме тăрăшаççĕ.

Коночкин комбайнер «Новая жизнь» колхозăн, Портнов юлташ «Богатырь» колхозăн уй-хирĕсенче пирвайхи пилĕк кун хушшинче кашни 50—60-шар гектар çинчи ыраша вырса пухма ĕлкĕрнĕ. Чылай колхозсенче жнейкăпа выракан машинистсем тата çурлапа выракан нумай колхозниксем нормăна иртterсе тултарни çинчен пĕлтереççĕ.

1952 çулта Çĕрпÿ районĕ ялхуçалăх культурисене пухса кĕртес енĕпе кая юлнин тĕп сăлтавĕсенчен пĕри вăл МТС çителĕксĕр ĕçлени, çавăн пекех колхозсем хăйсен машинисемпе туллин усă курманни пулчĕ. МТС хăйĕн комбайнĕсемпе тырă вырса çапмалли плана тултараймарĕ, молотилкăсемпе авăн çапас ĕçе ытла та вăраха тăсрĕ.

МТС дирекцийĕпе партбюро иртнĕ çулти йăнăшсенчен кăçал хăйсем валли çирĕпрех вывод тăвассине кĕтмеллеччĕ. Анчах пирвайхи эрне МТС кăçал та комбайнсемпе вырса çапмалли плана тултармасăр юлас хăрушлăх пуррине кăтартса пачĕ.

Пирвайхи пилĕк кун хушшинче районĕпе пурĕ 922 гектар ыраш вырнă пулсан, вăл шутран комбайнсемпе 75 гектар, урăхла каласан, 8,1 процентне çеç вырса çапнă. Иккĕмĕш пилĕккунлăхра комбайнсен ĕç тухăçлăхĕ ÿсрĕ, анчах ăна та çителĕклĕ теме çук.

Комбайнсемпе ытти машинăсене лайăх юсаманни, кадрсен квалификацине ÿстерме çине тăрса тăрăшманни, халĕ, хĕрÿллĕ тапхăрта, хытах сисĕнтерме пуçларĕç.

«Сталинцы» колхоза янă комбайн унăн центральнăй транспортерĕ пулманнипе пĕр кун хушши ĕçлемесĕр ларнă. Кириллов комбайнер «Цивильстрой» колхоза çитсе лайăх ĕçлеме тытăниччен комбайнĕ пăсăлнă. Çавăн пек «кĕтмен» ăнсăртлăхсем кунта тăтăшах пулкалаççĕ.

Кая юлнă колхозсене МТС техникипе ытларах пулăшма кирли çинчен районти парти, совет тата ялхуçалăх органĕсенче сахал мар калаççĕ. Ун пек колхозсене кăçалхи вăйлă тырпула лайăх пухса кĕртме пулăшни вĕсен экономикине тĕреклетме май парĕччĕ. Анчах МТС çав колхозсене кăçал та çителĕксĕр пулăшать.

Ленин ячĕпе тăракан колхозăн тырпул пухса кĕртмелли машинăсем çук. Çавăнпа та ку колхоз 320 гектар çинчи тырра комбайнпа вырса çапма МТС-па договор тунă. Комбайна июлĕн 25-мĕшĕнче çеç ярса панă, ун хыççăн та тухăçлăн вырма пуçăнман.

Кăçал пур йышши культурăсем те чылай лайăхрах пулни уй-хир ĕçне хутшăнакан кашни колхозника, иртнĕ çултисемпе танлаштарсан, тата пысăкрах тухăçлăхпа ĕçлеме хушать. Анчах хăшпĕр колхоз руководителĕсем, МТС çине ытларах шанса, колхозри ĕç вăйĕсемпе тата резервсемпе туллин усă курасси çине сахалрах пăхаççĕ, жнейкăпа ĕçлекен машинистсен, çурлапа выракансен ĕç тухăçлăхне ÿстерме кирлĕ таран тăрăшмаççĕ.

«Цивильстрой» колхозри 3-мĕшпе 4-мĕш уй-хир бригадисен ыраш пуссисем юнашарах. Вырса тухнă, кĕлтесене çĕмеле хывнă каçалăксен хушшинчех çын пырса тĕкĕнмен вăрăм каçалăксем тăсăлса выртаççĕ. Пĕрисем хăйсене виçсе панă каçалăка вырса тухнă та, теприн çине куçнă-мĕн.

Икĕ бригадăри темиçе колхозницăпа калаçма тиврĕ, вĕсенчен пĕри те кулленхи норма çинчен тата ăна тултарнăшăн мĕн чухлĕ тÿлени çинчен пĕлмест. Пурин те пĕр ответ:

— Пире кашнине каçалăк сарлакăшне чалăшпа виçсе панă та, кулленхи норма çинчен каламан.

70 çулти колхозница Анна Евдокимовна, пĕр тăван Мариянпа Евдокия Степановăсем сайрарах тата çăра вырăнти ыраша вырмалли нормăсене тата ĕç хакĕсене пĕлесшĕн. Вĕсен ытти ыйтусем те сахал мар. Евдокимова юлташ колхоз правленине çак хĕрÿллĕ тапхăрта тырă вырас ĕçе хăй пек ватă çынсене тата çамрăксене те хутшăнтарма сĕнесшĕн. Анчах тырă выракансем патне пĕр эрне хушшинче никам та пыман.

Колхоз председателĕ Иванов юлташ правлени членĕсемпе пĕрле ĕç планĕ туса хатĕрленĕ. Анчах уй-хир ĕçне тÿрремĕн хутшăнакансем çав план çинчен пĕлмеççĕ тата вĕсене çав плана пурнăçлама мобилизацилемеççĕ.

«Коммунизм» колхоз правленийĕнче те тырпул пухса кĕртмелли тапхăрти ĕçсен планĕ çакăнса тăрать. Планĕ пысăк, унта кашни бригада уйрăм тапхăрсенче мĕнле ĕçсем тумаллине кăтартса панă. Тырă вырма тухнă хыççăн 6-мĕш кунĕнче правленине 1-мĕш бригадăн бригадирĕ Алексеев юлташ пырса кĕчĕ.

— Пирвайхи хут куратăп ку плана,— терĕ вăл.

Чылайччен пăхса тăчĕ бригадир план çине, анчах ăна тĕплĕн ăнланса илеймерĕ. Планпа палăртнă тăрăх, Алексеев юлташăн ыраш вырма пирвайхи кунсенче 30 çын кăлармалла, çăннипе унăн бригадинче халĕ 40—42 çын тухаççĕ. Унăн участокĕнчи 23 гектар ыраша комбайнпа вырмалла, тенĕ. Жнейкăпа ĕçлекен машинистсен, кĕлте çыхакансен, выракансен ĕç нормине уйрăммăн нисçта та кăтартман.

Колхоз председателĕ Егоров юлташпа правленири ытти работниксем ĕç планне ячĕшĕн çырса хатĕрленине çак цифрăсенчен те курма пулать. Колхозри виçĕ бригадăра ĕç вăйĕн шучĕ пĕр пек мар, анчах вĕсене виççĕшне те ыраша 10 кун хушшинче вырса пĕтерме хушнă. Çавнашкал шаблонлă плана тĕрĕссĕн пурнăçлас тесен, 1-мĕш бригадăра жнейкăпа вырнă ыраша кашни çын пуçне куллен 0,25 гектар, 2-мĕш бригадăра—0,30 гектар, 3-мĕш бригадăра 0,12 гектар çинче çыхса пухмалла.

Правлени ĕç планне туса хатĕрлес умĕн бригадирсемпе, уй-хир ĕçченĕсемпе тĕплĕн сÿтсе явман.

— Вырма тухсанах колхозра столовăй уçăлать, пилĕк кунта пĕр номер стена хаçачĕ, кашни бригадăра куллен боевой листоксем тухаççĕ,—тенĕ планра.

Вырма тухнăранпа эрне иртрĕ, анчах колхозра халĕ столовăй çинчен сăмах хускатмаççĕ, стена хаçачĕпе боевой листоксем кăларасси, колхозниксем хушшинче политикăлла-массăлла ĕçе организацилесси те хут çинче тăрса юлнă.

Çакăн хыççăн колхозра тырпул пухса кĕртес ĕç хăвăртлăхĕпе пахалăхĕ ÿсессине кĕтме хĕн. Вăл çапла та. Колхоз ыраш вырса пухмалли плана пĕр эрнере 20 процент çеç тултарнă.

Районти чылай колхозсен руководителĕсем ĕç тухăçлăхне ÿстерессишĕн çине тăрса тăрăшмасăр иртнĕ çулти йăнăша тепĕр хут тăваççĕ. Çак çитменлĕхе халех пĕтермесен, район каллех пысăк йывăрлăх умне тухса тăма пултарать.

«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн бригади:

**М. ОСИПОВ, С. ШАДИН,**
**Н. ВОЛКОВ.**

# ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

## Парти активĕн пухăвĕсем

### ИШЛЕЙ

Июлĕн 30-мĕшĕнче вунти районти парторганизаци активĕн пухăвĕ пулса иртрĕ. Актив пухăвĕнче Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ 50 çул тултарни çинчен КПСС райкомĕн секретарĕ Дмитриев юлташ доклад турĕ.

Доклад тăрăх прениpe 9 çын тухса калаçрĕ.

Пирĕн парти,—тет Чернов коммунист,—мĕнпур ĕçхалăхĕсене çĕнтерсе мухтавлă çулпа утса тухрĕ. Эпир, совет çыннисем, хамăр юратнă парти кăтартнă çулпа яланах шанчăклăн пынă. Малашне те эпир парти çулĕпе хăюллăн пырăпăр, коммунизм строительствинче пысăкран та пысăкрах ÿсĕмсем туса пырăпăр.

Кăшавăшри Карл Маркс ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци çумĕнчи агитколлектив руководителĕ Никитин юлташ хуçалăхпа культура строительствине ертсе пырас ĕçре парторганизацисен ролĕне тата ытларах вăйлатмалли çинчен каларĕ. Коллективлă ертсе пымалли принципа парти комитечĕсен çес мар, советпа хуçалăх органĕсен те çирĕппĕн пăхăнса ĕçлемелле тет вăл. Марксизм-ленинизм теорине, Коммунистсен партийĕн историне мĕнпур коммунистсемпе активистсен çине тăрса вĕренмелле.

Анат Кĕнерти çичĕ çул вĕренмелли шкул директорĕ Елькин юлташ Совет Союзĕнчи ĕçсыннисем, çавăн пекех районти ялхуçалăх ĕçченĕсемпе предприятисенчи рабочисем Коммунистсен партийĕ 50 çул тултарнине производствăра пысăк çĕнтерÿсем тунипе кĕтсе илни çинчен калать. Пирĕн парти, тет вăл, халăхăн ылхавлă тăшманне, империализмăн ирсĕр агентне вăхăтра тăрă шыв çине кăларчĕ, унăн киревсĕр ĕçĕсене вăхăтра пĕтерсе хучĕ. Пирĕн малашне те хамăр сыхăлăха ÿстерсе пымалла. Пирĕн вăй—пĕрлĕхлĕ пулнинче, парти тавра ытларах пĕтĕçнинче.

Актив пухăвĕ районти парторганизацин кĕрешÿри пултарулăхне ÿстермелли майсене палăртрĕ.

### СĔНТĔР

Районти парти активĕн пухăвĕнче Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ 50 çул тултарни çинчен КПСС райкомĕн секретарĕ Пестов юлташ доклад турĕ.

Докладчикпа тухса калакан юлташсем Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн 50 çул хушшинчи мухтавлă ĕçĕсем çинчен каласа пачĕç. Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, тет докладчик, Российăри ĕçсыннисем 1917 çулхи октябрь уйăхĕнче историлле пысăк çĕнтерÿ турĕç, капиталистсемпе помещиксен влаçне сирпĕнтерсе антарчĕç, пролетариат диктатури туса хучĕç. Парти ертсе пынипе Совет Союзĕнчи ĕçсыннисем социализм строительствине пурнăçларĕç. Аслă Отечественнăй вăрçăра нимĕç фашисчĕсене çапса аркатрĕç. Телейлĕ те хаваслă совет çыннисем коммунизмла общество тăвассишĕн ырми-канми тăрăнса ĕçлеççĕ.

Прениpe пурĕ 10 çын тухса каларĕ.

Пожеданов коммунист сăмах илсе çапла каларĕ:

— Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе мĕнпур ĕçсыннисем РСДРП Иккĕмĕш съезчĕ пулнăранпа 50 çул тултарнине палла тăваççĕ. Пирĕн юратнă парти совет çыннисен пурнăçне лайăхлатассишĕн ырми-канми тăрăшать. Эпир хамăр хастарлă ĕçпе парти шанăçне тÿрре кăларăпăр. Халĕ районти колхозниксем вăйлă тырпула вăхăтра тата пĕр тăкаксăр пухса кĕртессишĕн социализмла ăмăртса ĕçлеççĕ. Парти организацийĕсен колхозниксен ăмăртăвне куллен вăйлатса пымалла. Анчах та эпир ку тĕлĕшпе çителĕклĕ таран ĕçлетпĕр тесе калама пултараймастпăр-ха. Акă, Каганович ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци колхозниксем хушшинче агитацилле-массăлла ĕçе кирлĕ пек туса пымасть. Кун пек тĕслĕхсем тата та пур. Парти райкомĕпе пуçламăш парторганизацисен хăйсен кĕрешÿри пултарулăхне ÿстерсе пымалла.

«Колос» колхозри пуçламăш парторганизаци секретарĕ Максимов юлташ артель членĕсем КПСС 50 çул тултарнине кĕтсе илме хатĕрленнĕ май хăйсен производствăри активлăхне ÿстерни çинчен каласа парать. Колхозри пуçламăш парторганизаци ялхуçалăх ĕçченĕсен ăмăртăвне вăйлатас тĕлĕшпе чылай пысăк ĕçсем тунă. Агитколлектив членĕсем колхозниксем патĕнче тăтăшах пулаççĕ, вĕсене умра тăракан задачăсемпе паллаштараççĕ, лайăх опыт çинчен каласа пâраççĕ. Колхозра стена хаçачĕсемпе боевой листоксем те тăтăшах тухса тăраççĕ.

Уй-хир бригадисенчи чылай агитаторсем колхозниксем хушшинче пирĕн парти 50 çул тултарни çинчен калаçусем ирттернĕ. Ĕç тухăçлăхĕ куллен ÿссе пырать. Хальхи вăхăтра ăмăртура 4-мĕш уй-хир бригади малта пырать. Ăна правленипе парторганизацин куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне панă. Бригадăри комсомолкăсем Ильмендерова, Парикова, Бычкова тырă вырнă çĕрте кулленхи нормăна 130-шар процентран кая мар тултараççĕ. Кун пек тĕслĕхсем бригадăра сахал мар.

Актив пухăвĕнче çавăн пекех Карабаев, Трофимов, Иванов, Алексеев, Кожаков тата ытти юлташсем тухса каларĕç.

Парти пухăвĕ КПСС 50 çул тултарнă май партилле-политикăлла тата партилле-организацилле ĕçсене лайăхлатма палăртрĕ.

### КУСЛАВККА

Июлĕн 30-мĕшĕнче парти активĕн районти пухăвĕ пулса иртрĕ. Пухăва районти предприятисемпе колхозсенчен тата учрежденисенчен 150 коммунист пухăнчĕ. Партин II-мĕш съезчĕ пулнăранпа 50 çул тултарни çинчен райком секретарĕ Евдокимов юлташ доклад туса пачĕ.

Актив пухăвĕ районти коммунистсем хăйсен тăван партине пĕтĕм чĕререн юратса хисепленине, вĕсем ленинла-сталинла Центральнăй Комитет тавра татă пĕтĕçсе тăнине тата парти политикине пурнăçлама ялан хатĕр пулнине кăтартса пачĕç. Тухса калакансем Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ 50 çул тултарни мĕнпур коммунистсемпе ĕçсыннисен тата прогрессивла пĕтĕм этемлĕх пурнăçĕнче питех те паллă вырăн йышăнса тăнине палăртрĕç. Çак кунсенче предприятисенче, колхозсен уй-хирĕсенче ĕçри хастарлăх ÿсрĕ.

— Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ çур ĕмĕр хушшинче утса тухнă кĕрешÿпе çĕнтерÿсен çулĕ,—терĕ суртсем тăвакан завод директорĕ Коваленко юлташ,—пирĕн парти тĕнчери пур партисенчен те вăйлине, вăл халăхна уйрăлми татă çыхăнса тăнине кăтартса парать. Коммунистсен партийĕн халăх ĕçĕнчен расна ĕç, халăх интересĕсенчен расна интерессем çук. Совет çыннин ырлăхĕпе телейĕшĕн кĕрешессине пирĕн парти хăйĕн чи аслă законĕ тесе шутлать. Тăван çĕршыври ĕçсыннисен пурнăçĕ кунран-кун лайăхланса, вĕсен ĕçри хастарлăхĕ ÿссе пырать.

— Нихçанхинчен пысăк çĕкленÿпе ĕçлет çак кунсенче пирĕн завод коллективĕ,—терĕ малалла Коваленко юлташ.—Сĕршер рабочисемпе работницăсем коммунизмшăн кĕрешнин ырă тĕслĕхне кăтартаççĕ. Вĕсен малти ретĕнче коммунистсем пыраççĕ. Производствăра ĕçлекен коммунистсем пурте хăйсен ĕç нормине ирттерсе тултараççĕ.

«Алга» колхозри парторганизаци секретарĕ Юсупов юлташ çапла каларĕ:

— Аслă та ăслă Ленин пирĕн партие туса хунăранпа 50 çул тултарчĕ. Пирĕн парти ĕçпе кĕрешÿре вăйланса, çирĕпленсе пырать.

Парти вак хуçалăхлă хресченсене коллективлă хуçалăха пĕрлештерес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем турĕ. Пирĕн ялти «Алга» колхоз чĕрĕк ĕмĕр хушшинче организаципе хуçалăх енчен çирĕпленсе малта пыракан колхоз пулса тăчĕ. Тавтапуç тăван партипе унăн Центральнăй Комитетне, пире, хресченсене, тĕрĕс те телейлĕ çул çине кăларнăшăн!

ВЛКСМ райкомĕн секретарĕ Николаев юлташ районти нумай йышлă комсомолецсем парторганизацин шанчăклă резервĕ пулса тăни çинчен тата вĕсем хуçалăхпа культура строительствинчи задачăсене пурнăçлассишĕн активлă кĕрешни çинчен каларĕ.

Прениpe çавăн пекех КПСС райкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕн заведующийĕ Смирнов, Энгельс ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Большов, райсовет исполкомĕн председателĕ Смыков, МТС директорĕн политика енĕпе ĕçлекен заместителĕ Сахалкин тата ытти юлташсем те тухса каларĕç.

Парти активĕн пухăвĕ пысăк çĕкленÿпе резолюци йышăнчĕ.

## Коммунистсен килĕсенчи библиотекăсем

Ватă коммунист Спиридон Ефремович Ефремов вулав çурчĕн библиотекинчен кĕнекесем нумай илсе вулать. «Анчах мана кÿнпах çитмест, чылай кĕнекесене хам алă айĕнче тытас килет,—каласа парать вăл.—Кирлĕ чухне яланах уçса вуламалла пултăр».

Унăн хăйĕн библиотека пур. Унта çĕр кĕнеке ытла. Советсене кайсан, Спиридон Ефремович кĕнеке магазинне яланах кĕрсе тухать, пĕр-пĕр кĕнеке туянмасăр килмест. Çак кунсенче унăн библиотекине Г. Николаева çырнă «Жатва» кĕнеке хутшăнчĕ. Вăл почтальонран та тĕрлĕрен кĕнекесемпе брошюрăсем туянса юлать.

— Кĕнеке вăл—пирĕн тус,—тесе ахальтен каламасть ĕнтĕ ватă колхозник. Унăн библиотеки хăйне евĕрлĕ: парти историйĕпе, илемлĕ литература кĕнекисемпе пĕрлех, пыл хурчĕ çинчен çырнă кĕнекесем пур. Кашнинех вуланă, татах вулать вĕсене. Ун патне «Правда» хаçат та темиçе çул хушши килсе тăрать, вăл хаçатăн пур номерне те пухса пырать.

Хăйсен килĕсенче библиотека тăвасси çинчен Ильич ячĕпе тăракан колхозри коммунистсем парти пухăвĕнче темиçе çул каялла йышăнса хăварнăччĕ. Йышăнни пурнăçланса пырать. Унтанпа коммунистсем кĕнеке нумай туянчĕç.

— Халĕ ман хамăн та библиотека пур,—пĕлтерет пуçламăш парторганизаци секретарĕ Иван Васильевич Васильев, утмăл пилĕк çула çитнĕскер.—Кĕнекене пĕтĕм чун-чĕререн юратас килет. Тепĕр чухне, ĕç хыççăн, çĕр каçиппех ăна вулатăн, вĕренетĕн. Вара ĕшенни шăм-шака вăй-хал хутшăнса пынă пек туйăнать.

Иван Васильевич çĕр кĕнеке ытла туяннă. Ун патĕнче КПСС историне, И. В. Сталин çырнă «Совет халăхĕн Аслă Отечественнăй вăрçи», «Ленинизм ыйтăвĕсем» кĕнекесене, Карл Маркс томĕсене, илемлĕ литература произведенийĕсемпе тĕрлĕрен брошюрăсене курма пулать. Вĕсене йĕркипе майлаштарса хунă. Кирлĕ пулсан, çийĕнчех тупма пулать.

Васильев юлташ хăш коммунист мĕнле кĕнеке туяннине те пĕлсе тăрать. «Кузьмин коммунист кăçал кĕнеке нумай илчĕ»,—каласа парать вăл.

Чăнах та, И. Кузьмин юлташăн обществăлла-политикăлла, илемлĕ литература кĕнекисем йышлă. Вăл КПСС райкомĕн консультанчĕ пулса ĕçлет, марксизм-ленинизма харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсене пĕрмай пулăшса пырать, кирлĕ кĕнекесем туянма та сĕнÿ парать.

Кузьмин юлташ килне «Правда», «Пионерская правда», «Коммунизм ялавĕ», «Совет ялавĕ» хаçатсемпе «Агитатор блокночĕ» килсе тăраççĕ.

М. Афаринов, М. Антонов, М. Волков, Е. Тимофеев юлташсен те хăйсен килĕсенче кĕнекесем йышлă. Вĕсем хаçат-журналсем çырăнса илсе вуласа пыраççĕ. Пуçламăш парторганизаци вĕсене уй-хир бригадисенче агитаторсем пулса ĕçлеме çирĕплетнĕ. «Шăпах та ĕнтĕ, кĕнекесемпе хаçат-журнал йĕркеллĕ вуласа пыни колхозниксем хушшинче калаçусем ирттернĕ чух питĕ кирлĕ»,—теççĕ коммунист-агитаторсем. Вĕсем хăйсен килĕсенчи кĕнекесене ял çыннисене те вуласа параççĕ.

**Я. СИГАЕВ.**

Советски районĕнчи Ильич ячĕпе тăракан колхоз.

## Колхозсенчи парторганизаци секретарĕсен семинарĕ

ЕТĔРНЕ. Маленков ячĕпе тăракан колхозра районти колхозсенчи пуçламăш парторганизаци секретарĕсен семинарĕ пулса иртрĕ. Семинарта Маленков ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци секретарĕ Мещанинов юлташ колхозри парторганизацин ĕç опычĕпе, çавăн пекех тырпул пухса кĕртес тата тырă хатĕрлес тапхăрти массăлла-политикăлла ĕçсен планĕсемпе паллаштарчĕ.

Семинарта пулнисем Маленков ячĕпе тăракан колхозăн выльăх-чĕрлĕх фермисенче, колхозри стройкăсенче, колхоз уй-хирĕсенче пулчĕç.

Семинарта тĕнчери лару-тăру çинчен доклад туса пачĕç.

## Парторганизаци çамрăксен вĕренĕвне йĕркелеме пулăшать

Чăвашпотребсоюзри комсомол организацийĕ иртнĕ вĕренÿ çулне ăнăçлă вĕçлерĕ. Комсомолецсене пурне те политикăлла вĕренĕве хутшăнтарнă. Вĕсенчен нумайăшĕ парти историне иккĕмĕш çул вĕренмелли кружока çÿренĕ.

Комсомолецсен политикăлла вĕренĕвне йĕркелес тĕлĕшпе пуçламăш парторганизаци нумай пулăшрĕ. Парторганизаци çамрăксен вĕренĕвне тăтăшах тĕрĕслесе тăчĕ, вĕренÿ ĕçне лайăхлатмалли майсене кăтартса пычĕ. Парти историне вĕренмелли кружоксене коммунистсем ертсе пычĕç.

Итогла занятисем çамрăксен политикăлла пĕлĕвĕпе активлăхĕ чылай ÿснине кăтартса пачĕç. Уйрăмах Семичева, Быстрякова, Захарова, Рыбина, Лисицина, Славинская тата Сазанова юлташсем хăйсен пĕлĕвне ÿстерес тĕлĕшпе тимлĕн ĕçленине палăртмалла. Çамрăксем КПСС XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене, СССР Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш сессийĕн материалĕсене аван вĕреннĕ.

Комсомолецсемпе çамрăксен хăйсен политикăлла пĕлĕвне малалла ÿстерес шухăш-кăмăлĕ пысăк. Вĕсем халĕ те пропагандистпа тĕл пулса калаçаççĕ, усăллă канашсем илеççĕ.

**М. КОРСКОВ.**

## КПСС Шупашкар хула комитечĕн пленумĕ

КПСС Шупашкар хула комитечĕн çак кунсенче пулса иртнĕ X-мĕш пленумĕ ВЛКСМ хула комитечĕн ĕçĕсем çинчен ВЛКСМ хула комитечĕн секретарĕ Алфер юлташ тунă доклада сÿтсе яврĕ.

ВЛКСМ хула комитечĕ, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисене тĕп вырăна хурса ĕçлесе, пуçламăш организацисене ертсе пырас тата çамрăксене коммунизмла воспитани парас ĕçе вăйлатнă. Çакна докладчикпе тухса калакан юлташсем те палăртрĕç.

Хулари промышленность предприятийĕсенче çамрăксем хастарлă ĕçлеççĕ. Электроаппаратура заводĕнче çамрăксен 180 бригади лайăх ĕçлекен бригада ятне илессишĕн ăмăртса ĕçлет.

Лента тĕрĕекен фабрикăри комсомолецсемпе çамрăксем те социализмла ăмăртăва активлă хутшăнаççĕ. Кунти ВЛКСМ членĕсем пурте стахановецсем шутланаççĕ.

11-мĕш номерлĕ «Легпромстрой» трестĕнчи çамрăк строительсен комплексла бригадисем производство заданине тăтăшах 120—150 процент тултарса пыраççĕ.

Çамрăксене идейăпа политикăлла воспитани парас ĕç те лайăхланса пырать. Иртнĕ вĕренÿ çулĕнче комсомолецсемпе çамрăксенчен 4 пин çын комсомол вĕренĕвне хутшăннă, 470 çын çамрăк рабочисен пĕтĕмĕшле пĕлÿ паракан шкулĕсенче вĕреннĕ. Клубсемпе хĕрлĕ кĕтессенче çамрăксем валли лекцисемпе докладсем тата çамрăксен каçĕсем пулса иртеççĕ. Сăмахран, иртнĕ çулта хулари комсомолецсемпе çамрăксене партин XIX-мĕш съезчĕ çинчен 200 лекци вуласа панă.

Хулари комсомолецсем ĕçсыннисем хушшинчи массăлла-политикăлла ĕçе, культурăпа çутĕç учрежденийĕсен, художествăлла пултарулăх коллективĕсен, предприятисемпе учрежденисен, физкультурăпа спорт коллективĕсен ĕçне активлă хутшăнаççĕ.

Хулари шкулсемпе ытти вĕренÿ заведенийĕсенчи комсомол организацийĕсем хăйсен ĕçĕсен содержанине лайăхлатса пыраççĕ, вĕренекенсене çирĕп те тарăн пĕлÿ парассишĕн пыракан кĕрешÿре нумай тĕрлĕ майсемпе усă кураççĕ.

Пленумра ВЛКСМ хула комитечĕн ĕçри пысăк çитменлĕхĕсене те палăртрĕç. Çак çитменлĕхсем, пуринчен малтан, КПСС хула комитечĕпе пуçламăш парторганизацисем çамрăксем хушшинчи политикăлла воспитани ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе комсомол организацийĕсене çителĕксĕр пулăшнăран килсе тухнă. Парти хула комитечĕпе пуçламăш парторганизацисем комсомол организацийĕсен ĕçне сайра хутра кăна тĕрĕслеççĕ; вĕсен ĕçĕсем çинчен отчетсем те сахал итлеççĕ.

Промышленность предприятийĕсемпе стройкăсенчи комсомол организацийĕсем çамрăк рабочисен ĕç тухăçлăхне ÿстерессишĕн çителĕксĕр кĕрешеççĕ, çамрăк рабочисен квалификацине ÿстерессишĕн сахал тăрăшаççĕ, производствăра малта пыракансен опытне пĕтĕçтерсе сарас тĕлĕшпе, çавăн пекех çамрăк рабочисен пурнăçпа йăла условийĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ.

Çамрăксен политикăлла вĕренĕвĕнче те пысăк çитменлĕхсем пур. Иртнĕ вĕренÿ çулĕнче хулари комсомолецсенчен 1.000 çынна ытла комсомол вĕренĕвне хутшăнтармасăр хăварнă. Иртнĕ вĕренÿ çулĕнче 118 политкружокран 10 кружок вĕренÿ планне тултарман.

Хулари çамрăксем хушшинче лекцилле пропаганда ĕçне начар йĕркеленĕ, тесе палăртрĕç пленумра чăлха фабрикинчи парторганизаци секретарĕ Рябковпа 11-мĕш номерлĕ «Легпромстрой» трестĕнчи ВЛКСМ организаци секретарĕ Биктимиров юлташсем. Парти тата комсомол хула комитечĕн секретарĕсемпе бюро членĕсем çамрăксене лекцисем сайра хутра кăна вуласа параççĕ. Хулари çамрăксенчен хăшпĕрисем йăла тĕлĕшĕнчен пăсăлса каяççĕ, хулиганла ĕçсем тăваççĕ, ĕç дисциплинине, социализмла общежити правилисене пăсаççĕ. ВЛКСМ обкомĕн секретарĕ Паскудин юлташпа республикăри милици управленийĕн начальникĕ Архипов юлташ уйрăм коммунистсем, сăмахран, кĕнеке палатин директорĕ Прохоров юлташ, хăйсен ачисене тĕрĕс воспитани пама тăрăшманни çинчен каларĕç.

Электроаппаратура заводĕнчи ВЛКСМ комитечĕн секретарĕ Бородин юлташ КПСС хула комитечĕн партипе профсоюз тата комсомол организацийĕсен пайне ĕçре пулăшу паманшăн критиклет. КПСС хула комитечĕн секретарĕ Никитин юлташ заводра пулсан ВЛКСМ комитетне кĕрсе тухмасть, унăн ĕçĕпе интересленмест.

Прениpe тухса каланă юлташсем комсомол организацийĕсем çамрăксем хушшинче культурăлла-массăлла ĕçе йĕркелес тĕлĕшпе малта пыракан опытпа усă курманнине, начар ĕçлекен клубсемпе хĕрлĕ кĕтессен ĕçĕпе сахал интересленнине палăртрĕç. Çамрăксене художество пултарулăх коллективĕсене сахал хутшăнтараççĕ. Чылай комсомолецсемпе çамрăксем спорт ĕçне юратаççĕ, анчах та вĕсене физкультура коллективĕсен ĕçне хутшăнтарма тăрăшмаççĕ. Кăçалхи 6 уйăх хушшинче пĕрремĕш ступеньри ГТО значкисчĕсем 88 çын кăна хатĕрленĕ.

КПСС хула комитечĕпе пуçламăш парторганизацисем комсомол организацийĕсене комсомолецсен йышне ÿстерес тĕлĕшпе çителĕксĕр пулăшаççĕ, нумай комсомол организацийĕсен йышĕ пĕчĕккĕ. Кăçал 38 комсомол организацийĕ хăйсен йышне ÿстермен. Уйрăмах электроаппаратура заводĕнчи, пир-авăр комбинатĕнчи, чăлха фабрикинчи тата Атăл леш енчи торф предприятийĕнчи комсомол организацийĕсем начар ÿсеççĕ.

Шкулсенчи комсомол организацийĕсен ĕçĕсенче те çитменлĕхсем нумай. Иртнĕ вĕренÿ çулĕнче ĕлкĕрсе пырайман вĕренекенсем нумай пулчĕç. 8.476 вĕренекентен 974 çын вĕренÿ çулне начар паллăсемпе вĕçленĕ.

ВЛКСМ хула комитечĕ комсомолăн шалти дисциплинине çирĕплетес, комсомол хуçалăхĕнче йĕрке тăвас тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнмасть, комсомол активĕпе çителĕксĕр ĕçлет, актива инструктаж парса тăмасть, комсомол организаци секретарĕсене воспитани парас тĕлĕшпе те кирлĕ пек ĕçлемест.

Пленум ВЛКСМ хула комитечĕн ĕçне тата комсомол организацийĕсене парти комитечĕсем енчен ертсе пырассине лайăхлатас тĕлĕшпе конкретлă решени йышăнчĕ.

## Совет правительстви США правительствине панă протест

Июлĕн 31-мĕшĕнче СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн заместителĕ А. А. Громыко США Посолне Ч. Болен господина йышăннă, ăна çакăн пек нота панă:

«Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Правительстви Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсен Правительствине çаккă пĕлтерме кирлĕ тесе шутлать.

Совет Союзĕн тивĕçлĕ органĕсем тĕрĕслесе пĕлнĕ тăрăх, çакă паларнă: кăçалхи июлĕн 27-мĕшĕнче, Америкăн тăватă истребителĕ Китай Халăх Республикин территорине пырса кĕнĕ. Вĕсем Мускав вăхăчĕпе 6 сехет те 28 минутра Хуадянь хули районĕнче, Китайпа Корея чиккинчен 110 километрта, Совет Союзĕн Порт-Артуртан малтен палăртнă яланхи çулпа СССР Союзне вĕçекен, пассажирсем лартса çÿрекен «ИЛ-12» йышши самолечĕ çине тапăннă та ăна персе ÿкернĕ. Самолет пĕтнĕ чухне унта çинчи 15 пассажир тата экипажри 6 çын вилнĕ.

Совет Правительстви Америкăн çар самолечĕсем Совет Союзĕн пассажирсем лартса çÿремелли самолечĕ çине Китай Халăх Республикин территорийĕ çинче вĕçнĕ вăхăтра вăрă-хурахла тапăннине хирĕç хытă протестлет тата çавăн пек тапăннăшăн айăплă çынсене хытă наказани пама тата Америка çар командованийĕ малашне çавăн пек преступленилле ĕçсем тăвассине чарса лартма США Правительстви мерăсем йышăнассине кĕтет.

Совет Правительстви США Правительствинчен Совет Союзĕн 21 гражданĕ тата пĕр самолечĕ пĕтнĕ пирки пулнă сиеншĕн тÿлеме требовани лартас правăна хăйĕнче хăварать».

Ч. Болен господин асăннă нота çинчен США Правительствине пĕлтерме пулнă.

## СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерствинче

СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви Турци Республикин Мускаври Посолне кăçалхи июлĕн 20-мĕшĕнче нота панăччĕ. Çав нота çине ответлесе, Турцин Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви кăçалхи июлĕн 24-мĕшĕнче ССР Союзĕн Анкарари Посольствине çакăн пек нота панă:

«1953 çулхи июлĕн 20-мĕшĕнче Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн заместителĕ, унăн превосходительстви Зорин господин Турцин Мускаври Посолне нота панă. Ку нотăн текстне Совет Правительстви çавăн чухнех пичетлесе кăларчĕ. Унта Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви, çывăх вăхăтрах Стамбула Америка флочĕ, унтан Англи флочĕ пырассине сăлтав вырăнне хурса, çапла каланă: юлашки вăхăтра Проливсенчи портсене ют çĕршывсен çар карапĕсен соединенийĕсем, çав шутра пысăк карапсем, час-часах пырса çÿреме пуçланă пирки асăрхаттармасăр ирттерсе яма çук, халĕ сăмах пыракан карапсем—икĕ çĕршыв карапĕсем пынине çар енĕпе хăйне евĕрлĕ демонстраци туни пулать тесе хакламалла, тенĕ. Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви тата çав карапсем пирки Турци Правительствинчен çĕнĕ сведенисем илессе шанса тăни çинчен пĕлтернĕччĕ.

Çав нота çине ответлесе, Турци Республикин Ют çĕршыв ĕçĕсен Министерстви Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Посольствинчен хăйĕн Правительствине çакăн çинчен пĕлтерме ыйтать:

Проливсенчи йĕрке çинчен Монтрере йышăннă конвенцин 24-мĕш статьинче каланипе килĕшÿллĕн çав карапсем çинчен кашни хут пĕлтерсе тăнă май, Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Правительстви çÿлте асăннă нотăра каланă карапсем çĕршывсем пĕр-пĕрне хисепленине палăртас шутпа килсе çÿрени çинчен пĕлмест теме çук.

Монтрере йышăннă Конвенцин 14-мĕш статьи (3-мĕш абзац) тата 17-мĕш статьи тинĕс-çар вăйĕсене, вĕсен тоннажĕпе составĕ мĕнле пулнине пăхмасăр, çĕршывсем пĕр-пĕрне хисепленине палăртма Проливсене килсе çÿреме ирĕк параççĕ. Çав карапсем асăннă статьясенче каланă йĕркепе килсе çÿреççĕ. Вĕсем час-часах килсе çÿренине çапла кăна ăнлантарса пама пулать: килсе çÿреме чĕннĕ карапсем Турципе туслă çĕршывсен карапĕсем пулаççĕ, вĕсем килсе çÿрени Турци асăннă çĕршывсемпе туслă çыхăнса тăнине кăтартакан лайăх тĕслĕх пулса тăрать.

Çÿлерехре каласа панисене асра тытса, икĕ çĕршыв карапĕсем килсе çÿрни çинчен пур сведенисемпе хыпарсене те Совет Правительствине тивĕçлĕ йĕркепе пĕлтерсе тăнине шута илсе, Турци Правительстви унтан Совет Правительстви çĕнĕ сведенисем ыйтнă пирки хăй тĕллĕннине пытарса тăма пултараймасть. Çавăн пек ыйтнине, тĕнчери çĕршывсем хушшинчи йĕркесем тăрăх, интересленекен çĕршывсем хăйсем тĕллĕн татса пама тивĕçлĕ ыйтăва хутшăнни тесе хаклама кăна пулать».

Июлĕн 31-мĕшĕнче СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн заместителĕ В. А. Зорин Турци Посольствин Советникне Актимур господина çакăн пек нота панă:

«Турци Республикин Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви кăçалхи июлĕн 24-мĕшĕнче панă нота пирки СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви Турци Республикин Посольствине çапла пĕлтерет.

СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви кăçалхи июлĕн 20-мĕшĕнче панă нотăра, Стамбул портне кăçалхи июль уйăхĕнче США çар карапĕсен соединенийĕ пырасси, унта 10 карап пуласси çинчен тата Англин 22 çар карапĕ пырасси çинчен Турцин Ют çĕршыв Ĕçĕсен министерстви пĕлтерни çинчен каласа, юлашки вăхăтра Хура тинĕс проливĕсенчи портсене ют çĕршывсен çар карапĕсем, çав шутра пысăк карапсем, час-часах пырса çÿреме тытăннă пирки асăрхаттарнăччĕ. Министерство халĕ асăннă нотăра Стамбул портне Америкăн 10 çар карапĕ тата Англин 22 çар карапĕ пынине çар енĕпе хăйне евĕрлĕ демонстраци туни тесе хаклама пулать, тенĕччĕ.

Çав нотăна хирĕç Турци Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви июлĕн 24-мĕшĕнче панă нотăна пăхса тухса, СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви çĕнĕрен хушса çакна палăртма кирлĕ тесе шутлать: юлашки çулсенче Хура тинĕс проливĕсене ют çĕршывсен çар карапĕсен пысăк соединенийĕсем ытларах кĕрсе çÿреме пуçларĕç. Çакă аяларахра илсе кăтартнă официальнăй сведенисенчен курăнать.

Хура тинĕс проливĕсенче: 1950 çулта ют çĕршывсен 33 çар карапĕ пулнă, вĕсен водоизмещенийĕ 197.800 тонна.

1951 çулта—ют çĕршывсен 49 çар карапĕ пулнă, вĕсен водоизмещенийĕ 378.800 тонна.

1952 çулта—ют çĕршывсен 69 çар карапĕ пулнă, вĕсен водоизмещенийĕ 587.727 тонна.

1953 çулхи çичĕ уйăх хушшинче—ют çĕршывсен 60 çар карапĕ пулнă, вĕсен водоизмещенийĕ 300 пин тонна ытла.

Ĕçсем çапла пулса пынă чухне, Хура тинĕс проливĕсене ют çĕршывсен çар карапĕсем ытла та нумай пырса çÿреме пуçланă чухне, СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви Хура тинĕс проливĕсене ют çĕршывсен çар карапĕсем пысăк соединенисемпе пырса çÿрени çинчен Турцин Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерствинчен çĕнĕ сведенисене пĕлтерсе тăма ыйтни вăл кĕтмен çĕртен килсе тухнă ĕç мар.

Çапах та Турцин Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви хăйĕн июлĕн 24-мĕшĕнчи нотинче çак ыйтăвăн пĕлтерĕшне пĕчĕклетме, ăна ячĕшĕн çеç тăвакан пĕчĕк ĕç пек шутлама пăхнă. Совет Союзĕшĕн пысăк пĕлтерĕшлĕ ыйту пирки Совет Правительстви çĕнĕ сведенисене пĕлтерсе тăма ыйтнине илес пулсан вара, кÿршĕллĕ икĕ государство хушшинчи çыхăнусем йĕркеллĕ чухне пĕр-пĕринчен çавăн пек ыйтма кирли ахалех паллă ĕнтĕ. Çавăн пек ыйтнине Турцин Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви Турци хăй тĕллĕн çеç татса памалли ыйтăва урăх çĕршыв хутшăннă пек хаклама шутланă, чăннипе вара çавăн пек шутлама нимĕнле сăлтав та пулман.

СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Мини[illegible] Турци Ют çĕршыв ĕçĕсен Мини[illegible] июлĕн 24-мĕшĕнчи нотине хирĕ[illegible] вета ярса парать. Çапла майпа Министер[illegible] çавăн кăçалхи июлĕн 20-мĕшĕнчи нотинч[illegible] лартнă ыйту пысăк пĕлтерĕшлĕ пулни çинчен çирĕплетсе калать».

## Вĕренме кĕмелли экзаменсем пуçланчĕç

Ĕнер, августăн 1-мĕшĕнче, шкулсене вĕренме кĕмелли экзаменсем пуçланчĕç.

Чăвашсен государство педагогика институчĕ. Ирхине, 8 сехет тĕлне, кунта çĕршер çамрăк пуçтарăнчĕ. Аçтан кăна килмен пулĕ кунта. Пурте вĕсем сывă та кĕрнеклĕ, вĕренме, ĕçе юратакан çамрăксем. Паян малтанхи экзамен—вырăс чĕлхипе çыру ĕçĕсем пулаççĕ.

Института вĕренме илекен комисси председателĕ институт директорĕ К. Е. Евлампьев юлташ пире çапла каласа пачĕ:

Кăçал педагогика институтне 400 çын илмелле. Вĕсенчен историпе филологи факультетне 125 çын, физикăпа математика факультетне 150 çын, естествознани факультетне 25 çын тата ют çĕршыв чĕлхисен факультетне 100 çын. Вĕренме кĕрес текенсем пур факультетсене те нумай—пурĕ 805 заявлени панă, вĕсенчен пилĕк çын вăтам шкултан медальсем илсе вĕренсе тухнă. Вĕренме кĕрекен ытти çамрăксен аттестачĕсем çинчи паллăсем те кăçал конкурс вăйлă пуласса шантараççĕ.

Экзаменсене ăнăçлă та йĕркеллĕ ирттерме 15 экзаминатор уйăрнă. Кирлĕ пулакан наглядăй пособисем çителĕклех.

Кăçал института заочнă йĕркепе вĕренме 1-мĕш курса 100 çын, аслăрах курссене 200 çын илнĕ. Çапла вара çĕнĕ вĕренÿ çулĕнчен пуçласа пирĕн институтра çĕнĕрен пурĕ 700 çын вĕренме пуçлать.

### ЯЛХУÇАЛĂХ ИНСТИТУТĔНЧЕ

Чăвашсен ялхуçалăх институтне кăçал агрономи факультетне 75 çын, зоотехника факультетне 50 çын вĕренме илеççĕ. Августăн 1-мĕшĕ тĕлне кунта 537 çын заявлени панă, вĕсенчен 90 проценчĕ чăваш республикинчен. Çав вăхăтрах Мари, Мордва республикисенчен, Горьки облаçĕнчен те сахал мар. Экзаменсем йышăнма виçĕ комисси тунă. Вĕсем экзамен йышăнма пур енчен те лайăх хатĕрленсе çитнĕ. Институт экзамен тытма килекенсене лайăх кĕтсе илнĕ. Вĕсене таса та çутă общежитисене вырнаçтарнă. Преподавательсемпе профессорсем калаçусем ирттереççĕ, институтăн вĕренÿ хуçалăхĕпе, условисемпе паллаштараççĕ.

Ĕнер малтанхи ушкăнра экзамен пуçланчĕ. Экзаменăн малтанхи кунĕ ăнăçлă иртрĕ.

# Грузсем нумайрах турттарар, вĕсене турттарма ларакан хака йўнетсе пырар!

## Политикăлла воспитани парас ĕçе вăйлатар

Канаш чугун çул узелĕнчи парторганизацисем рабочисем хушшинчи политикăлла воспитани ĕçне анлăн туса пыраççĕ, ĕçсыннисене совет патриотизмĕпе халăхсен туслăхĕ майлă, государство интересĕсемшĕн пĕтĕм вăйпа тăрăшма воспитани параççĕ. Парторганизацисем хăйсен политикăлла ĕçĕсене рабочисене парти туса хатĕрленĕ политикăна пурнăçлама тата пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана ирттерсе тултарассишĕн кĕрешме мобилизацилес тĕллевпе туса пыраççĕ.

Юлашки вăхăтра чугун çул узелĕнче политикăлла ĕç чылай лайăхланчĕ, унăн идейăлла шайĕ те ўсрĕ. Чугун çулăн пиллĕкмĕш дистанцийĕнчи парторганизаци (секретарĕ Красичков юлташ) агитацилле-массăлла ĕçе лайăх йĕркеленĕ. Кунта КПСС XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем çинчен, И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă гениллĕ произведенийĕ çинчен лекцисемпе докладсем тăтăшах пулаççĕ. Техника ыйтăвĕсемпе те докладсем час-часах ирттереççĕ. Парти организацийĕ наглядлăй агитацие лайăх йĕркеленĕ, малта пыракансен опытне коллектив хушшинче анлăн сарса пырать. Чугун çул дистанцийĕн руководителĕсем (сăмахран, начальникĕн политика енĕпе ĕçлекен заместителĕ Ф. Маркова юлташ, дистанцири инженер Зобин юлташ) рабочисене час-часах лекцисемпе докладсем туса параççĕ.

Агитаци ĕçне лайăх йĕркелени, коллектива умра тăракан задачăсем çинчен тĕплĕн ăнлантарса пани ĕçре çĕнĕ çитĕнўсем тума хавхалантарать. Чугун çул дистанцийĕн коллективĕ социализмла ăмăртăва хутшăнса илнĕ обязательствăсене чыслăн пурнăçласа пырать. Май уйăхĕнче дистанци коллективĕ Хусан чугун çулĕ çинче пĕрремĕш вырăна тухрĕ, чугун çул управленийĕпе дорпрофсожăн куçса çўрекен Хĕрлĕ ялавне илме тивĕçлĕ пулчĕ. Ĕçе çакăн пек пысăк хак пани коллектива çĕнĕ çитĕнўсем тума хавхалантарчĕ. Чугун çулăн 17-мĕш (Канаш—Шупашкар) дистанцийĕн тата Улатăр уйрăмĕн коллективĕсемпе ăмăртса, чугун çулăн Канаш дистанцийĕ çĕнĕрен те çĕнĕ çитĕнўсем тăвать.

Чугун çул работникĕсен кунне коллектив чылай пысăк ўсĕмсемпе палăртать. Рельсăсем улăштармалли, тĕп çулсене юсамалли, станцинчи çулсене юсамалли, стрелкăсене вак чул çине вырнаçтарса лартмалли çултаăкллăх заданисене пурнăçланă. Коллектив хăйĕн социализмла обязательствисене пурнăçлассишĕн, чугун çулне кăтартуллă сыхласа усрассишĕн, çапла вара куçса çўрекен Хĕрлĕ ялава хăй аллинчех хăварассишĕн хастарлăн кĕрешет.

Пăравус деповĕнчи тата станцинчи парторганизацисем политикăлла докладсем ирттерессине тивĕçлипе хакласçĕ. Кунта ĕçлекенсене Е. Алексеев, А. Михеев, В. Никитин юлташсен доклачĕсем кăмăла каяççĕ. Вĕсем хăйсен доклачĕсенче вырăнти пурнăçпа ĕçсенчен илнĕ фактсемпе туллин усă кураççĕ, докладсене усăмлă тĕллевлĕ ирттерме тăрăшаççĕ.

Парторганизацисем лекцисемпе докладсем ирттернипех лăпланса лармаççĕ, ĕçри çитменлĕхсене палăртма тата вĕсене пĕтерме тăрăшаççĕ. Сăмахран, Е. Алексеевпа В. Никитин юлташсем докладсем тăвас умĕн рабочисемпе калаçаççĕ, ĕçри çитменлĕхсен сăлтавĕсене палăртма тăрăшаççĕ. Вĕсен доклачĕсенче вара юлхавланса ĕçлекенсен хытă хĕрелме тивет. Алексеевна Никитин юлташсем чугун çул транспортĕнче ĕç дисциплини çирĕп пулмалли çинчен, производство планне ăнăçлăн тултарасси пĕтĕм коллектив тăрăшса ĕçленинчен килни çинчен питĕ ăнланмалла та усăмлă фактсемпе ăнлантарса параççĕ.

Политикăлла агитаци ĕçне вăйлатни ĕç дисциплинине палăрмаллах вăйлатма пулăшрĕ. Иртнĕ çулхипе танлаштарсан, депопа станцинче ĕç дисциплинине пăсакансен хисепĕ çуррине яхăн чакрĕ, ĕçре брак тăвасси сахалланчĕ. Депо пăравуссене талăкра вăтам шутпа çўретмелли плансене, станци — поездсене йышăнса илмелли тата ăсатмалли заданисене тултарса пыма тытăнчĕç.

Çĕрлехи сменăсенче политикăлла-массăлла ĕç туса пырасси çинчен уйрăммăн калас пулать. Чугун çул транспортĕнче ку ĕçĕн пĕлтерĕшĕ питĕ пысăк. Калас пулать, каçхи сменăсенчи агитацилле-массăлла ĕçре ку таранччен пысăк çитменлĕхсем пулнă. Нумаях пулмасть партком станцинчи парторганизаци секретарĕнчен Плотников юлташран каçхи сменăсенче агитаци ĕçне мĕнле туса пыни çинчен отчет илтерĕ. Ытти организацисенче те (кондукторсен резервĕнче, вагонсене техника енĕпе тĕрĕслемелли пунктра, топливо складĕнче) каçхи сменăсенчи агитаци ĕçне япăхтарса яни палăрчĕ. Парторганизацисен секретарĕсем каçхи сменăсем вăхăтĕнче производствăна сайра хутра кăна пыраççĕ.

Партком çак çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе мерăсем йышăнчĕ. Халĕ парторганизацисем пулнă çитменлĕхсене пĕтерсе пыраççĕ.

Рабочисене политикăлла воспитани парас ĕçре клубпа хĕрлĕ кĕтессем пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Депора, станцире, чугун çул дистанцийĕнче, топливо складĕнче хĕрлĕ кĕтессем пур. Анчах та вĕсенче политикăлла-массăлла ĕç çителĕксĕр пулса пырать-ха. Клуб ĕçĕнче те пысăк çитменлĕхсем пур.

Парторганизацисен ĕçĕ агитаторсене суйласа илнипех вĕçленмест. Вĕсен агитаторсене тăтăшах ертсе пырас пулать, социализмла ăмăртăва вăйлатма агитаторсем çине таянса ĕçлемелле. Анчах, калас пулать, хăшпĕр парторганизацисен секретарĕсем политикăлла ĕçе хуçалăх ĕçĕсемпе тачă çыхăнтарса пыма хăнăхса çитеймен. Агитаци ĕçне предприяти умĕнче тăракан задачăсемпе тачă çыхăнтарса туса пыманни асăннă çитменлĕхсенчен килнĕ те ĕнтĕ. Унсăр пуçне, парторганизацисен секретарĕсемпе предприяти руководителĕсем хăйсем те политикăлла докладсем сахал ирттернине пысăк çитменлĕх тесе шутлас пулать.

Канаш чугун çул узелĕнче ĕçлекенсем чугун çул работникĕсен кунне çĕнĕ çитĕнўсемпе кĕтсе илчĕç. Уйрăм рабочисемпе бригадăсем пысăк çитĕнўсем турĕç. Çакă вăл коллектив хăйĕн заданийĕсене пурнăçлама хатĕр тăни çинчен кăна мар, ку таранччен эпир хамăрăн шалти резервсемпе туллин усă курманни çинчен те калать. Çав майсемпе усă курасси, узел коллективне умра тăракан задачăсене ăнăçлă пурнăçлама мобилизацилесси — парторганизацисен, мĕнпур пропагандистсемпе агитаторсен хисеплĕ задачи.

**Н. НИКОЛАЕВ,**
**Канаш станци узелĕнчи партком секретарĕ.**



Канаш деповĕнчи машинист Курылев юлташ ертсе пыракан бригада ĕçре лайăх тĕслĕх кăтартать. Вăл пăравус чуптармалли нормăна чылай ирттерсе тултарнă, йывăр тиенĕ 15 поезд илсе çўренĕ, планран ирттерсе 4.000 тонна ытла груз турттарнă.

ЎКЕРЧĔК ÇИНЧЕ (сулахайран сылтăмалла): старши машинист В. Курылев, кочегар П. Ефимовский тата машинист помощникĕ И. Кудрявцев черетлĕ рейса тухас умĕн.

А. КОСТИН фотоўкерчĕкĕ.

## Малта пыракан машинист

Улатăр станцине тавар поезчĕ çитсе чарăнчĕ. Пăравус çинчен старши машинист Иван Григорьевич Маслов анчĕ, унăн çĕр кăмрăкĕпе кăштах вараланнă пичĕ çинче савăнăç туйăмĕ палăрать.

— Kалarăм вĕт вăхăтчен çитетпĕр тесе,— терĕ вăл хăйĕн помощникне Павел Захарова тата Владимир Захаров кочегара.—Калана пекех пулчĕ: графикран 25 минут маларах çитрĕмĕр.

Старши машинист, бригадăна пăравуса депона пама хатĕрлеме хушрĕ те, хăй депо дежурнăйĕ патне васкарĕ.

Кантура пырса кĕнĕ çĕрте ăна Якимович машинистпа дежурнăй хаваслăн кĕтсе илчĕç. «Мĕнле кайса килтĕр», тесе ыйтрĕç вĕсем Масловран.

Вĕсем çак пăравуспах нормăран ирттерсе 400 тонна груз ăсатма шутланă пулнă. Çакăн çинчен пĕлсен, Маслов пăравуспа нормăран ирттерсе 400 тонна груз турттарса кайма май килет, тесе ответлерĕ. Унтан вара çапла хушса хучĕ: «йывăр тиенĕ составсене илсе çўремелли йĕркесене пăхăнмалла кăна, вара çитĕнў тума пулать». Юлашкинчен старши машинист Маслов юлташ хăйне ылмаштаракан Якимович машиниста усăллă канашсем пачĕ.

...Иван Григорьевич Маслов — Улатăр деповĕнче чылайранпа ĕçлекен сынсенчен пĕри. Транспортра ĕçлеме вăл 1921 çулта тытăннă, ун чухне 16 çулта пулнă. Табельщикре те, грузчикре те ĕçленĕ, 1924 çулта пăравус кочегарĕ пулса тăнă.

Чугун çул çинчи работник ывăлĕ (унăн ашшĕ кондуктор пулнă) Маслов хăйĕн мĕн ачаранхи тĕллевне пурнăçлама—машинист пулса ĕçлеме ĕмĕтленнĕ. 1926 çулта вăл машинист помощникĕ пулса ĕçлеме тытăннă, 1932 çулхине Иван Маслова машинист пулса ĕçлеме уйăрса лартнă.

— 1932-мĕш çул маншăн уйрăмах чаплă çул пулса тăчĕ,—аса илет Иван Григорьевич,—эпĕ çав çулхине Коммунистсен партийĕн членне кĕтĕм, хисеплĕ те чаплă ята тивĕçлĕ пултăм, унсăр пуçне тата локомотивпа хам тĕллĕн ĕçлеме пуçларăм.

Унтанпа Иван Григорьевич поездсене пултаруллăн та ăстан илсе çўрет. Локомотив çинче нумай çулсем хушши ĕçлесе, вăл питĕ пысăк опыт пухнă, поездсене кирек хăш вăхăтра та, кирек мĕнле çанталăкра та йĕркеллĕ çўретме хăнăхса çитнĕ, нормăран ирттерсе вуншар пин тонна груз турттарнă, çĕршер тонна топливо перекетленĕ, çамрăк транспортниксене нумайăшне техникăна вĕрентсе çитме пулăшнă.

Акă И. Г. Маслов 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра тата июль уйăхĕн 20 кунĕ хушшинче мĕнле ĕçленине кăтартса паракан цифрăсем. Коммунист Маслов пăравусăн техникăлла хăвăртлăхне кашни сехетре пĕр километр чухлĕ, пăравуса кашни талăкра вăтам шутпа çўретессине 18 километр, пăравус çаврăнăшне 2,8 сехет чухлĕ ирттерсе тултарнă, 106 тонна топливо перекетленĕ, нормăран ирттерсе çичĕ пин тонна яхăн груз турттарнă. Июль уйăхĕнче пур заданисене те ирттерсе тултарнă, нормăран ирттерсе виçĕ пин тонна ытларах груз турттарнă тата 9,5 тонна топливо перекетленĕ.

Иван Григорьевич Маслов хăйĕн ĕçне питĕ лайăх пĕлет. 21 çул хушши машинистра ĕçленĕ вăхăтра вăл ĕç дисциплинине çирĕп пăхăнса пырать, хăйне шанса панă машинăна типтерлĕ пăхса усрать. Йывăр тиенĕ составсене илсе çўреме Иван Григорьевич кирек хăçан та килĕшет. Июль уйăхĕнче Улатăр станцийĕнче поездсем нумай пухăнса ларчĕç. Грузсене Красный Узела питĕ васкавлăн илсе çитермелле, унтан вара вĕсене аслă стройкăсене ăсатмалла пулнă. Маслов ун чухне пĕрлештернĕ икĕ состава илсе кайма пуринчен те малтан килĕшрĕ.

Машинист Маслов юлташ поезда вырăна вăхăтра илсе çитернĕ.

Коммунист Маслов юлташ пăравуса яланах типтерлĕ упрать. Çул çинчен таврăнсан локомотива тĕплĕн тĕрĕслет, мĕнле те пулин кăлтăк тупсан, ăна çийĕнчех тўрлетет.

Коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн вăй-хала шеллемесĕр ĕçлекен коммунист-машиниста депо коллективĕ тивĕçлипе хисеплет.

**К. ПАВЛОВ.**

## Ĕçри хастарлăх

Степан Михайлович Уваров Улатăрти пăравус деповĕнче хĕрĕх çула яхăн ĕçлет ĕнтĕ. Тўрĕ кăмăлпа ĕçлесе, Советлă Тăван çĕршыв умĕнчи тивĕçе пурнăçласа пырса, Уваров юлташ пысăк çитĕнў тунă,—вăл халĕ пĕрремĕш класри машинист шутланать. Слесарь-ученикран вăл инженер-капитана çити ўснĕ. Машинист Уваров çирĕм пилĕк çула яхăн ĕнтĕ пассажирски поездсем илсе çўрет.

Хăй лайăх ĕçленĕ хушăрах, Степан Михайлович пăравус çинче ĕçлеме ăста механиксем вĕрентме нумай тăрăшнă. Поездсем илсе çўреме, пăравуса тĕрĕс ĕçлеттерме вăл çирĕм çын ытла вĕрентнĕ. Уваров юлташ вĕрентсе хатĕрленĕ юлташсем халĕ ĕнтĕ ăста машинистсем пулса тăнă; вĕсем, хăйсен ĕç опычĕпе ыттисене паллаштарса, хăйсен учителĕ пекех пархатарлă ĕç тăваççĕ.

— Машинист пуласси, — тет вăл,— ытла йывăрах ĕç мар. Анчах ăста машинист пулас тесен, нумай вĕренес пулать, нумай ĕçлес пулать. Чи малтанах машинист ĕçне юратни, пăравус пайĕсемпе узелĕсене лайăх пĕлни кирлĕ. Машинистăн пăравуса лайăх пăхса усрамалла, ĕç тухăçлăхне ўстермелли меслетсемпе усă курма пĕлмелле.

Уваров юлташăн ученикĕсем çав сăмахсене яланах асра тытаççĕ, хăйсен ĕçне лайăххăн та лайăххăн вĕренсе пĕлеççĕ, вара Улатăр деповĕнче те, узелти ытти предприятисенче те малти вырăна тухаççĕ.

Халĕ старши машинистсем пулса ĕçлекен Николай Голованов, Павел Казяев, Василий Навошиков, Иван Степанов, Евгений Федоров юлташсем Уваров пăравусĕ çинче кочегарсем пулнă. Степан Михайловичран вĕреннĕ С. Чернышевпа И. Разин юлташсем халĕ машинист-инструкторсем пулса ĕçлеççĕ. Вĕсем пурте, Улатăр деповĕнчи малта пыракан механиксем, йывăр тиенĕ составсем илсе çўреççĕ.

Уваров ĕçлекен пăравус çине икĕ çул каярах Петр Яйцев пынă.

— Кочегар ĕçĕ—йывăр мар, унăн кăмакана кăмрăк ывăтмалла кăна,—шутланă вăл, кадрсен пайĕнче Степан Михайлович патне кайма путевка илнĕ хыççăн.

Степан Михайлович, яланхи пекех, хăй бригадин çĕнĕ членне ăшшăн кĕтсе илнĕ:

— Кочегаркăна хăвăн ирĕкўпех килтĕн-и? Йывăр пулмĕ-и? — тесе ыйтнă вăл.

— Йывăрри мĕнех-ха пултăр кунта?—тенĕ Петр.

Старши машинист Петр Яйцева вăл йăнăшни çинчен ăнлантарса панă.

— Пăравус çинче кочегар пĕлтерĕшĕ пысăк. Поезд график тăрăх çўресси, топливо перекетлесси, пăравуса юсамасăр ытларах çўретесси—çак пур ĕçсем те кочегартан нумай килеççĕ.

— Эсир шўт тăватăр пулĕ,—тенĕ Петр.

— Сук, эпĕ тĕрĕссине калатăп. Акă пĕр тĕслĕх. Пăравуса типтерлĕ сăрмесен, бандажсем çине су тумласан, урапасем çўреми пулаççĕ, вара пăравус та стройран тухать...

Çапла ăнлантарнипе Петр Яйцев кочегар пĕлтерĕшне лайăх чухласа илнĕ, хăйĕн ĕçне юратса, тăрăшса вĕренме тытăннă. Ăна кочегар специальноçĕн техникине вĕрентсе алла илес ĕçре Уваров юлташ пысăк пулăшу панă.

Халĕ ĕнтĕ, Уваровăн ытти ученикĕсем пекех, Петр Яйцев машинист пулса ĕçлет, йывăр тиенĕ составсем илсе çўрет.

Степан Михайлович — хастарлă çын. Унтан ывăнтăм тесе калани нихçан та илтеймĕн. Пушă вăхăтра ăна час-часах ытти машинистсем патĕнче курма пулать, вăл вĕсене пăравус деталĕсемпе механизмĕсене мĕнле пăхса усрамалли çинчен вĕрентет. Степан Михайлович опыт сахалтарах машинистсемпе час-часах опытлă рейссене каять, вĕсене пăравуссем илсе çўреме практикăра вĕрентет.

Уваров юлташ — пассажирски поезд машинисчĕ. Çавăнпа та вăл хăйĕн ответлăхне лайăх ăнланать. Поезда вăл тикĕссĕн илсе çўреме тăрăшать. Вуншар çул хушши машинист пулса ĕçленĕ хушăра Уваров юлташ поезда расписанипе палăртнинчен кая юлса нихçан та илсе çитермен.

Ăста машинист автотормозсем мĕнле ĕçленине питĕ тимлĕ асăрхаса тăрать. Автотормозсем лайăх ĕçлени поезда йĕркеллĕ илсе çўреме, çав вăхăтрах техникăлла хăвăртлăха та ўстерме май парать.

Çул çине тухас умĕн Степан Михайлович хăйĕн помощникĕпе тата кочегарпа пĕрле пăравусăн кашни детальне, уйрăмах тормоз приборĕсем мĕнле ĕçленине хытă тĕрĕслет.

Пăравуса лайăх сыхласа усрани тата ăна пĕлни Уваров юлташпа унăн бригадине ĕçре пысăк çитĕнўсем тума пулăшать. 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра кăна ку бригада 88 тонна çĕр кăмрăкĕ перекетленĕ, пăравус çаврăнăшне 1,7 сехет чухлĕ ўстернĕ, техникăлла хăвăртлăха 4,7 сехет ирттерсе тултарнă, пăравуса талăкне вăтам шутпа илсе çўремелли задание 39 километр чухлĕ ирттерсе тултарнă.

Совет патриочĕ, коммунист, пĕрремĕш класри машинист Уваров юлташ пассажирски поездсене çапла çўретет. Унăн кăкăрĕ çинче—Ленин орденĕ, «Хисеп палли» орден, «Почетному железнодорожнику», «Ударнику сталинского призыва», «Отличный паровозник» значоксем. Ăна хисеплĕ грамотăсемпе премисем те нумай хутчен панă. Çакă пирĕн Тăван çĕршывра вăл чапа тухнă çынсене хисеплени çинчен калать.

**А. СМИРНОВ.**

## Çĕнĕ çитĕнўсемпе кĕтсе илчĕç

Канашри вагонсем юсакан завод коллективĕ, Пĕтĕм Союзри чугун çул работникĕсен кунне чыслăн кĕтсе илме хатĕрленсе, планран ирттерсе продукци туса кăларма обязательство илнĕччĕ. Çав обязательствăра рессорсемпе пружинăсем планран ирттерсе туса кăлармалли çинчен те каланă.

Рессорсемпе пружинăсем туса кăларакан цех коллективĕ илнĕ обязательствăна пурнăçлассишĕн çине тăрса кĕрешрĕ. Ку цех заводра куçса çўрекен Хĕрлĕ ялава икĕ уйăх хушши ĕнтĕ хăй аллинче тытса тăрать. Цех коллективĕ июлĕ уйăхĕнчи плана рессорсем енĕпе—июлĕн 25-мĕшĕнче, пружинăсем енĕпе—27-мĕшĕнче тултарчĕ.

Рессорсемпе пружинăсем туса кăларакан цех коллективĕ (начальникĕ инженер П. Кузнецов юлташ) продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн хастарлăн кĕрешет. Юлашки икĕ уйăх хушшинче пĕтĕм продукцие лайăх пахалăхлă туса кăларнă.

**П. ХАРИТОНОВ.**

# Чугун çул синчи çĕнĕ техника

Пирĕн çĕршыври çав тери нумай чугун çулсем тăрăх куллен миллионшар тонна груз турттараççĕ. Çĕр кăмрăкĕпе нефть, машинăсемпе механизмсем, йывăçпа металл, тырă, çĕр мамăкĕ, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем, промышленность таварĕсем—çаксем пурте экономикăна малалла аталантарма, Совет Союзĕнчи ĕçсыннисен материальнăй тата культурăлла ыйтăвĕсене тивĕçтерме кирлĕ. Грузсене вăхăтра вырăна çитересси чугун çул транспорчĕ йĕркеллĕ ĕçленинчен килет, мĕншĕн тесен чугун çулсем пирĕн Тăван çĕршывăн чи инçетри кĕтесĕсене çыхăнтарса тăраççĕ.

Партин XIX-мĕш съезчĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче халăх хуçалăхне çĕнĕрен калама çук хăватлăн çĕклеме палăртрĕ, çавнашкалах чугун çул транспортне те малалла аталантарма, ăна çĕнĕ техника пама кирлине кăтартса хăварчĕ. Совет ученăйĕсем, социализмла промышленноçри инженерсемпе тата стахановецсемпе пĕрле тачă çыхăну тытса, çĕнĕрен-çĕнĕ техника туса кăлараççĕ, çав техника чугун çул çинче ĕçлекенсен нумай миллионлă çарне хăйĕн задачисене ăнăçлăн татса пама пулăшать.

* * *

Вăрçă хыççăнхи пĕрремĕш пилĕкçуллăхра «Л» сериллĕ çĕнĕ пăравус тунă. Çакă вăл пăравуссем тăвас ĕçри пысăк çитĕнў пулнă. «Л» сериллĕ локомотив, «ФД» локомотивпа танлаштарсан, топливо 5—6 процент сахалтарах пĕтерет. Унăн буксĕсене автоматла сĕрес ĕçе централизациленĕ, кăмрăк парса тăрас ĕçе механизациленĕ. Унăн сĕртĕнекен пайĕсене электричествăпа хĕртсе хытарнă.

Каярахпа ку пăравуса татах лайăхлатнă. Ворошиловград хулинчи завод çĕнетсе лайăхлатнă 1—5—1 йышши «Л» сериллĕ пăравус туса кăларнă. Кунта пневматикăлла переключатель лартнă, ăна пула машинист тапраннă вăхăтра тата тăвалла хăпарнă чухне пăравус вăйне ўстерме пултарать. Сăнаса пăхнă чухне пăравус лайăх пулни палăрнă. Унăн хăвачĕ 2.500 лаша вăйĕ чухлĕ пулать. «Л» сериллĕ пăравуспа танлаштарсан, çĕнĕ пăравуса топливо 6,5 процент сахалтарах кирлĕ.

Грузсем нумай турттаракан çулсене «Л» тата «ФД» сериллĕ пăравуссенчен вăйлăрах пăравуссем кирлĕ. Çавăнпа та халĕ çĕнĕ пăравуссем тăвас тĕлĕшпе проектпа сăнав ĕçĕсем туса ирттереççĕ. Вĕсем хальхи чи хăватлă локомотивсенчен 1,6 хут вăйлăрах пăравуссем пулмалла.

Пассажирсене илсе çўреме халĕ çĕнĕ йышши 2—4—2 пăравус тунă. Çак пăравус пассажирсен поезчĕн йывăрăшне, «СУ» пăравуспа танлаштарсан, 30 процент ўстерме май парать. Çĕнĕ локомотивăн конструкцилле хăватлăхĕ—сехетре 125 километр. Топливо перекетлес тĕлĕшпе вăл чи лайăх пăравус шутланать.

Чугун çулсем тăрăх поездсем ытларах çўретес ĕçре çулсене электрификацилени пысăк вырăнта тăрать. Çулсене электрификацилени 75—200 процент ытларах поездсем çўретме, хĕллехи йывăр условисенче йĕркеллĕ ĕçлеме май парать. Электровоз питĕ перекетлĕ, унăн усăллă ĕç коэфициенчĕ пăравусĕнчен виçĕ хут пысăкрах.

Юлашки çулсенче «ВЛ-22-м» сериллĕ çĕнĕ электровозсем кăларма тытăннă, вĕсем вăрçăчченхи электровозсенчен 17 процент вăйлăрах. Ку электровозсем поезд йывăрăшне чылай ўстерме, тăвалла хăвăрт хăпарма май параççĕ.

Тăваттăмĕш пилĕкçуллăхпа танлаштарсан, пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра чугун çулсене тăвату хут ытларах электрификацилессĕ. Пирĕн государство кăна, тĕнчере чи малта тăракан индустри тунă государство, чугун çулсене çав тери нумай электрификацилеме пултарать. Халĕ сакăр тĕнĕллĕ çĕнĕ электровоз тăваççĕ.

Икĕ тĕнĕллĕ вагонсем кăкарас пулсан, çак поезд 1.100 метр тăршшĕ пулнă пулĕччĕ, хальхи груз нумай тиекен тăватă тĕнĕллĕ вагонсем кăкарсан, поезд тăршшĕ 700 метра яхăн пулать.

1950 çулхипе танлаштарсан, тепловозсем çўрекен участоксен тăршшĕ 2,5 хут ытла ўсет.

Халĕ «ТЭ-1» сериллĕ тепловозсем çўреççĕ, вăйĕ енчен хăйсем пек пăравуссемпе танлаштарсан, вĕсем топливо 4,5 хут сахалтарах расходлаççĕ. Совет конструкторĕсем «ТЭ-2» сериллĕ çĕнĕ тепловоз тунă. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра «ТЭ-3» сериллĕ çĕнĕ, икĕ секциллĕ тепловозсем туса кăларас ĕçе организацилеме палăртнă, вĕсен хăвачĕ 4.000 лаша вăйĕ чухлĕ пулать. Çак тепловозсем йывăр çулсем çинче икĕ пăравуспа çўрессрен хăтараççĕ. Халĕ газогенераторлă тепловозсем тăвас задачăна татса параççĕ. «ТЭ-1» тата «ТЭ-2» сериллĕ газогенераторлă тепловозсене сăнаса пăхма тытăннă ĕнтĕ.

Пирĕн çĕршыври чугун çулсем çинче вагон паркĕ те пĕрмаях лайăхланса пырать, пассажирсем валли тата тавар турттарма çĕнĕ, лайăх конструкциллĕ вагонсем туса кăлараççĕ.

1947 çултан пуçласа пассажирсем ларса çўремелли вагонсене пĕтĕмпех металран туса кăлараççĕ, вĕсем халиччен пулнă вагонсенчен çирĕпрех. Грузсем турттарма тăватă тĕнĕллĕ, груз нумай тиеме юрăхлă вагонсем тăваççĕ. Икĕ тĕнĕллĕ вагонсемпе танлаштарсан, тăватă тĕнĕллĕ вагонсем, поезд йывăрăшĕ пĕр пекех пулсан та, поезд тăршшĕне 30—35 процент кĕскетме май параççĕ. Çакăн пек поездсен çул çинчи сопротивленийĕ 15—20 процент, юсама тухакан расходсем 10—12 процент чакаççĕ.

Çĕнĕ йышши изотермически вагонсем туса кăларма хатĕрленеççĕ. Хальхи вăхăтра лайăх конструкциллĕ вагон-ледниксене сăнаса пăхнă, тулта 30 градус шăрăх чухне çав вагонта 12 градус сивĕ тăрать. Инçе çула çўреме 1952 çулта 22 вагонтан тăракан уйрăм поезд-холодильнике сăнаса пăхнă. Çак поездăн икĕ вагонне электростанци тата сивĕтекен установка вырнаçтарнă, çав вагонсенчен пуçласа пĕтĕм состав тăрăх сивĕтекен шĕвек юхса çўрет. Халĕ сĕт, чĕрĕ пулă тата ытти продуктсем турттармалли уйрăм вагонсем тăваççĕ.

Вăрçăчченхи пилĕкçуллăхсем вăхăтĕнчех совет специалисчĕсем Совет Союзĕнчи чугун çул транспорчĕ валли тормоз хатĕрĕсем нумай туса пачĕç. Вĕсем тĕнчери чугун çул практикинче чи лайăх тормозсем шутланаççĕ. Хальхи вăхăтра груз турттаракан поездсем валли Матросов системин сывлăш валеçекен çĕнĕ хатĕрне тунă. Вăл поезда лайăх илсе пыма, поезда тормоз парас вăхăта 15—20 процент чакарма май парать. Вагонсене автосцеплă туса çитереççĕ. Вагонсемпе пăравуссен буксĕсем валли тĕрлĕ роликлă подшипниксем туса сăнаса пăхаççĕ.

* * *

1951—1955 çулсенче Совет Союзĕнчи чугун çул транспорчĕ лайăхрах рельссем тата вăрçă хыççăнхи пĕрремĕш пилĕкçуллăхринчен 85 процент ытларах илет. Кăçалтан пуçласа рельс туса кăларакан хăшпĕр заводсем 12,5 метр тăршшĕ рельссем вырăнне 25 метр тăршшĕ рельссем туса кăларма тытăнаççĕ.

Чугун çулсем тăвас тата юсас ĕçсене те çултан-çул механизацилесе пыраççĕ. Чугун çул тунă тата юсанă çĕрте халĕ çĕнĕ кăткăс машинăсемпе тата механизмсемпе усă кураççĕ. Çул хывакансем кивĕ рельссене шпалĕсемпе пĕрле сыпăкăн-сыпăкăн сехетре 6,5 километр илсе, çав хăвăртлăхпах çĕнĕ рельссене шпалĕсемпе пĕрле сыпăкăн-сыпăкăн хурса тухаççĕ. Рельссене тиес, пушатас, улăштарса хурас ĕçсене те механизациленĕ. Баласт саракан машинăсем рельс çулне çĕклесе, ун айне кирлĕ таран баласт сарма пултараççĕ. Балашенко машини çĕре механизаци вăйĕпе вĕтетсе, хыçалти состав çине тăпра, баласт, шлак, пăр тиет. Юр тасатакан машинăсем станцисенчи çулсене сехетре 10—15 километр хăвăртлăхпа юртан тасатса, юрне механизм вăйĕпе хыçалти состав çине тиесе, кирлĕ вырăна кайса тăкаççĕ.

Чугун çул çинче рельссене çирĕплетме, рельссене касма, рельссене тата шпалсене шăтарма, винтсемпе шурупсене хытарма е пушатма тата ытти ĕçсем тума куçса çўрекен электростанцисемпе анлăн усă кураççĕ.

Çĕнĕ чугун çулсем тăвас ĕçе пур енĕпе те механизацилесе, ытларах индустриализацилесе пыраççĕ. Тĕрлĕ пайсемпе блоксене уйрăм заводсенче хатĕрлесе, кирлĕ вырăна илсе пыни кĕске срокрах нумай ĕç тума тата ĕç вăйне перекетлеме май парать.

Чугун çулсем тунă çĕрте халĕ калама çук нумай тĕрлĕ машинăсем ĕçлеççĕ. Чугун çулсем тунă çĕрте 120 тонна таран çĕклекен вăйлă крансемпе усă кураççĕ.

Строительство ĕçне анлăн механизациленине пула халĕ пĕр километр çĕнĕ чугун çул хывма ĕç вăйĕ, 1935 çулхипе танлаштарсан, 40 процент сахалтарах кирлĕ. 1952 çулта, механизмсемпе ĕçлесе, 1948 çулхипе танлаштарсан, икĕ хут хăвăртрах тоннельсем чавнă.

* * *

Партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă директивăсенче пилĕкçуллăх вĕçĕнче автоматла блокировка тунă участоксен тăршшĕпе 80 процент, автостопсем тунă участоксен тăршшĕне 2,5 хутран кая мар ўстерме палăртнă. Автоблокировка туни çулсем тăрăх поездсене ытларах çўретме май парать, автоматла блокировка çук чухне станцăсем хушшинчи çул çинче пĕр поезд кăна пулать, автоблокировка тусан, темиçе поезд иртме пултарать.

Çакăнпа пĕрлех пирĕн ученăйсемпе конструкторсем поездсем мĕнле çўренине тĕрĕслесе тăма диспетчер автоматне туса хатĕрленĕ. Вăл автомат диспетчера схема тăрăх блок-участоксенче поездсем мĕнле пынине тата станцири çулсем çинчи составсене сăнаса тăма май парать.

Инçе каякан поездсем çўрекен, маневр ĕçĕсем сахалтарах пулакан çулсем çинче диспетчер ĕçне централизацилесси чылай ўсет. Вара управлени пунктĕнче ларакан диспетчер 100 километр тăршшĕ участокра поездсене йышăнма, кăларса яма, ирттерсе яма станцисенчи стрелкăсене хăех çавăрать тата сигналсем парать.

Автостопсемпе, сасă тата çутă сигналĕсемпе анлăн усă кураççĕ, çав сигналсем машиниста чугун çул урлă шоссе е ахаль çул каçса каякан вырăнсем çинчен, хăвăртлăха чакарма кирли çинчен пĕлтереççĕ, машинист мĕншĕн те пулин сигналсене пăхăнмасан, вĕсем поезда хĕрлĕ çутă умĕнче автоматла чарса тăратаççĕ. Станципе станци хушшинче пыракан поезд машинисчĕпе диспетчер радио тăрăх та çыхăну тытать.

Сортировка тăвакан вырăнсене малалла механизацилесе пыраççĕ.

Пилĕк çул хушшинче чугун çул транспорчĕ çинче электричествăпа ĕçлекен стрелкăсен хисепĕ 2,3 хут ўсет, çапла туни, стрелкăсене алăпа çавăрнă чухнехипе танлаштарсан, маршрутсем хатĕрлес вăхăта 4—6 хут кĕскетет.

* * *

Чугун çул транспортне Тăван çĕршыв çĕнĕ техника çав тери нумай пачĕ. Çĕнĕ техникăпа ĕçлесе, малта пыракан технологипе усă курса тата ĕçе лайăх организацилесе, чугун çул çинче ĕçлекенсем пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра тăракан задачăсене пурнăçа кĕртсе пыраççĕ, çĕнĕрен çĕнĕ çитĕнўсем тăваççĕ.

**М. ЧЕРНЫШЕВ,**
**СССР Çул-йĕр министерствин Техника управленийĕн главнăй инженерĕ.**

*Мускав.*

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ 50 çул тултарнă ятпа тăванла хĕрӳллĕ салам яратпăр.

Сирĕн партин учредительнăй съезчĕ 1903 çулта Лондонра пулнă. Парти сирĕн халăха тата мĕнпур ĕççыннисене ăнăçлă ертсе пыма пуçланăранпа 50 çул çитнĕ ятпа эпир шăпах те çав хуларан саламласа ырă сунатпăр. Эсир питех те сыхăлăхлă пулни партие мĕнпур тăшмансемпе раскольниксенчен сыхлама май парать. Çавăн пек сыхăлăх пирĕншĕн пример пулса тăрать. Эсир миршĕн яланах кĕрешни,—çакă халăхи вăхăтра Совет Союзĕ мирлĕ пуçарусем тунипчен палăрса тăрать,—миршĕн тăракан мĕнпур çынсене хавхалантарать тата çирĕп мир тăвассишĕн пыракан пирĕн кĕрешĕве вăйлатма пулăшать.

Сывă пултăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ!

Сывă пултăр Англипе Совет Союзĕнчи халăхсем хушшинчи туслăх!

Сывă пултăр мир!

**Великобританири Коммунистсен партийĕн исполнительнăй комитечĕ ячĕпе**
**Гарри ПОЛЛИТ.**

## Италири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне янă саламлă телеграмма

РИМ, июлĕн 31-мĕшĕ. (ТАСС). Италири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне çакăн пек телеграмма янă:

**«СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН ЦЕНТРАЛЬНĂЙ КОМИТЕТНЕ**

Совет Союзĕнчи Коммунистсен мухтавлă партийĕ 50 çул тултарнă ятпа Италири коммунистсем сире тăванла салам яраççĕ.

Большевиксем, Ленин ертсе пынипе, рабочи класăн революциллĕ партине тăвассишĕн тата ĕççыннисене ирĕке кăларса социализм туса хурассишĕн çĕнтерӳллĕн кĕрешни вăл этемлĕх историйĕнчи чаплă тапхăр пулса тăрать.

Италири ĕççыннисем Октябрьти Социализмла Аслă революцие тĕнчери мĕнпур çĕршывсенчи эксплуатацие пусмăр айĕнчи çынсене ирĕке кăларма пуçлани, тесе шутланă. Италири ĕççыннисем çав революци çĕнтерессине ĕçе кĕртнĕ парти вăл халăхи историллĕ тапхăрта пĕтĕм тĕнчери рабочисен юхăмĕн шанчăклă руководителĕ пулнине курнă.

Марксăн — Энгельсăн — Ленинăн — Сталинăн никам çĕнтерейми ялавĕ айĕнче Италири коммунистсем ĕççыннисен интересĕсене хӳтĕлессишĕн, тăван çĕршыва фашизм пусмăрĕнчен, вăрçă хăрушлăхĕнчен хăтарассишĕн тăрăшса ĕçлерĕç тата кĕрешрĕç. Сирĕн парти, Ленин ертсе пынипе, унăн вĕренекенĕ тата унăн ĕçне малалла туса пыракан Сталин, унăн кĕрешӳри соратникĕсем ертсе пынипе социализм строительстви ĕçне туса пите пысăк ĕç, миршĕн çине тăрса кĕрешнĕ яланах Итали халăхне калама çук пысăк пулăшу пани пулнă, малашне те ăна пулăшса пыни пулĕ.

Италири икĕ миллион çурă шутланакан коммунистсем, нумай миллионлă ĕççыннисемпе — социализмла çĕршывшăн хавасланакан тата ăна юратакан ĕççыннисемпе тачă çыхăннăскерсем, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партине тата унăн Центральнăй Комитетне мирпе социализмшăн кĕрешес ĕçре çĕнĕ пысăк çитĕнӳсем тума ырă сунаççĕ.

**Италири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ ячĕпе**
**Пальмиро ТОЛЬЯТТИ».**

## Ишлей районĕнчен килнĕ хыпарсем

**Планран ирттерсе 215 пин тенкĕлĕх продукци.** Сĕктер вăрман комбинатĕнче сухталăври плана ноябрĕн 7-мĕшĕ тĕлне тултарассишĕн социализмла ăмăрту сарăлса пырать. Комбинат коллективĕ утă уйăхри плана 110,8 процент тултарнă, планран ирттерсе 215 пин тенкĕлĕх продукци туса кăларнă. Атăл çинче навигаци пуçланнă хыççăн комбинат çĕршыври çăмăл промышленность предприятийĕсенче ĕçлекенсем валли 8 хваттерлĕ вунă сурт ярса начĕ.

**Пысăк тухăçлă çĕр çырли.** «За коммунизм» колхоз сад пахчинчен тата пахча çимĕçсем лартса сутсерене пысăк тупăш илет. 1952 çулта çав тупăш 40 пин тенкĕрен иртнĕ.

Колхоз кăçал çĕр çырли сутма июнĕн 23-мĕшĕнчех тытăннă. Çырла сутса 18 пин тенкĕ ытла тупăш илнĕ.

**Лайăх ĕçлекен почта агентствинче.** Хыркассинчи çыхăну агентстви ĕççыннисем хушшинче хаçат-журнал сарас тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса ирттерчĕ. Кăçалхи иккĕмĕш çур çулшăн илсе тăма «Советская Чувашия» хаçата 100 экземпляр, «Коммунизм ялавĕ» хаçата 89 экземпляр, «Çамрăк коммунист»—48 экземпляр, районти хаçата 185 экземпляр çĕнĕрен сарнă. Ку тĕлĕшпе уйрăмах А. Волкова письмоносец аван тĕслĕх кăтартрĕ. Вăл ял çыннисене хаçат-журналсемпе çырусене хăвăрт çитерсе парать.

**Культура таварĕсем туянаççĕ.** Районти ĕççыннисен пурнăçпа йăла условийĕсем лайăхлансах пыраççĕ. Çакна май вĕсем культура таварĕсем нумай туянаççĕ. Кăçал утă уйăх хушшинче районти ĕççыннисем 3 мотоциклет, 103 велосипед, çĕвĕ çĕлемелли 36 машина туяннă.

**Автомашинăсен паркĕ ӳсет.** Машина-трактор станцийĕпе колхозсен автопаркĕ çулсеренех ӳссе пырать. Çак кунсенче Киров ячĕпе тата Маленков ячĕпе тăракан колхозсем груз турттармалли автомашинăсем туянчĕç.

**Кемерово облаçне вĕренме каяççĕ.** Районти нумай çамрăксем ФЗО, сăрт-ту промышленность шкулĕсенче вĕренме кăмăл тăваççĕ. Халĕ çамрăксем Кемерово облаçĕнчи сăрт-ту промышленность шкулне вĕренме кайма хатĕрленеççĕ. Вĕсене районти комисси йышăннă, путевка панă.

Сăрт-ту промышленность ĕçне вĕренме Молотов ячĕпе тăракан колхозран 5 çамрăк, «Знамя коммунизма» колхозран 3 çамрăк каяççĕ.

**В. ЧЕРНОВ.**

*Мускав.*

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне

Совет Союзĕнчи Коммунистсен мухтавлă партийĕ 50 çул тултарнă май сирĕн пата, хаклă юлташсем, Румынири рабочи партин Центральнăй Комитечĕ парти членĕсен тата Румыни Халăх Республикинчи мĕнпур ĕççыннисен ячĕпе хĕрӳллĕ салам ярать.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ гениллĕ Ленин, Ленинăн вĕренекенĕ тата унăн ĕçне малалла туса пыраканĕ— аслă Сталин тата вĕсен соратникĕсем ертсе пынипе çур ĕмĕр тăршшĕнче историллĕ çĕнтерӳ тума пултарчĕ. Ку çĕнтерӳ этемлĕх историйĕнче çĕнĕ самана пуçарчĕ тата социализм пурнĕрех пĕтĕмпех çĕнтерессине питех те вăйлăн кăтартса пачĕ.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен мухтавлă партийĕн ĕçĕ, вăл обществăна революциллĕ майпа урăхлатса çĕнетессишĕн кĕрешни пирĕн парти пулса тăнăранпах уншăн яланах çул кăтартса паракан маяк пулнă, халăх ĕçне парăнса тăма, унăн пурнăçне лайăхлатассишĕн, телейлĕ пурнăç тăвассишĕн кĕрешме вĕрентекен аслă тĕслĕх пулнă, халĕ те çавăн пекех пулса тăрать.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ — Совет государствин ертсе пыракан тата çул кăтартса пыракан вăйĕ миршĕн, халăхсен туслăхĕпе ирĕклĕхĕшĕн кĕрешес ĕçре питех те пысăк хăватлă вăй пулса тăрать. Пирĕн халăх Совет Союзĕнчи Коммунистсен партине хĕрӳллĕн юратса тав тăвать. Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе совет халăхĕ фашистла пусмăрçăсене аркатса тăкрĕ, пирĕн тăван çĕршыва фашизм пусмăрĕнчен хăтарчĕ тата ăна социализм строительствинче тăванла пулăшса пырать.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партине тата унăн аслă, тĕрĕслевсенче çирĕпленнĕ руководствине коммунизм тăвас ĕçре тата пĕтĕм этемлĕхшĕн мирлĕ пурнăç туса хурассишĕн тăрăшас ĕçре малашне те пысăк çитĕнӳсем тума ырă сунатпăр.

**Румынири рабочи партин Центральнăй Комитечĕ.**

Бухарест, 1953 çулхи июлĕн 30-мĕшĕ.

*Мускав.*

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне

Монголи халăхĕн революциллĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕ хăйĕн мĕнпур членĕсен ячĕпе Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне тата ун урлă тăванла аслă Совет Союзĕнчи коммунистсен нумай миллионлă çарне КПСС пурнăçĕнчи СССР Союзĕнчи халăхсен, пĕтĕм тĕнчери коммунистсен партийĕсемпе рабочи партисен пурнăçĕнчи паллă кун—Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ аллă çул тултарнă кун ячĕпе хĕрӳллĕ салам ярать.

РСДРП-ăн историллĕ иккĕмĕш съездĕнче марксистла революциллĕ паттăр парти—çĕнĕ йышши парти тунăранпа, большевизм пуçланса кайнăранпа рабочисен юхăмĕн историйĕнче тĕпренех улшăну пулнă. Çав партие туса хунипе рабочисен юхăмĕ мĕнпур ĕççыннисен ирĕклĕхĕпе телейĕшĕн кĕрешмелли тĕп хĕçпăшал туянă.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ, вицĕ революци тăвăлĕ витĕр халăхсен ирĕклĕхĕпе телейĕшĕн кĕрешмелли ялава чыслăн çĕклесе пырса, Российĕри рабочисемпе хресченсене Октябрьти Социализмла Аслă революцире çĕнтерӳ тăвасси патне илсе çитерчĕ, нумай миллионлă ĕççыннисене эксплуатацирен хăтарчĕ тата вĕсене историре паллă творчествăлла ĕçсене тума çĕклерĕ, вĕсене социализмла общество тума организацилесе тата хавхалантарса пычĕ, совет халăхĕ пĕтĕм тĕнче историйĕнчи паллă çĕнтерӳсем тăвассине пурнăçа кĕртрĕ. Вăл совет халăхне коммунизм патне шанчăклăн илсе пырать.

Коммунистсен партийĕ совет халăхĕн Аслă Отечественнăй вăрçин çулĕсенче пĕтĕм халăха фашистла захватчиксене хирĕç кĕрешме хавхалантарса тата организацилесе пычĕ, иккĕмĕш тĕнче вăрçинче совет халăхĕ пĕтĕм тĕнче историйĕнчи паллă çĕнтерĕве тăвассине ĕçе кĕртрĕ, çапла майпа этемлĕхе фашизм пусмăрлăхĕнчен хăтарчĕ.

Вăрçă хыççăнхи мирлĕ строительство çулĕсенче Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ, хăйĕн хурçă пек çирĕп пĕрлĕхне хытă сыхласа тата халăхпа тытакан никам аркатайми çыхăнăва пур майсемпе те тĕреклетсе пырса, коммунизм тăвас пысăк задачăна, советлă социализмлă нумай нациллĕ государствăна — мирпе демократин ертсе пыракан вăйне малалла тĕреклетсе пырас пысăк задачăсене ăнăçлă пурнăçласа пырать.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн паттăр кĕрешĕвĕ тата унăн пĕтĕм тĕнчипе паллă историллĕ опычĕ мĕнпур коммунистсен партийĕсемпе рабочи партисен, çав шутра пирĕн халăхăн революциллĕ партийĕн ĕçĕнче те, çул кăтартса пыракан çăлтăр, пурнăç никĕсĕ пулса тăраççĕ.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн никам çĕнтерейми аслă идейисем тата унăн паттăр кĕрешĕвĕ, Октябрьти Аслă революци çĕнтерессине пурнăçласа, Монголи халăхне ирĕклĕхпе телей кӳчĕç. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ тата унăн аслă çулпуçĕсем — Ленинпа Сталин, пирĕн партие марксизм-ленинизмăн никам çĕнтерейми вĕрентĕвĕпе хĕçпăшаллантарса, Монголи Халăх Республики аталанмалли пĕртен-пĕр тĕрĕс çула—капитализмла тапхăра пурăнса ирттермесĕрех социализм тумалли çула кăтартса пачĕç. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ вăл совет халăхĕ Монголи халăхне тăванла пысăк пулăшу парас ĕçе организацилекенĕ, Совет Союзĕнчи халăхсемпе Монголи халăхĕ хушшинчи никам аркатайми тăванла туслăха хавхалантаракан пулса тăрать. Çав туслăх пирĕн çĕршывăн экономикипе культурине аталантарас ĕçре Монголи халăхĕ тунă çитĕнӳсен никĕсĕ пулса тăрать. Монголи халăхĕн революциллĕ партийĕ ĕçхалăхĕн интересĕсене нимĕнрен мала хума, халăх интересĕсене сутакансене хирĕç ним хĕрхенмесĕр кĕрешме, халăха шанса тăма тата ĕççыннисен анлă массисемпе хăй тытакан çыхăнăва тăтăшах тĕреклетсе пыма Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕнчен вĕренет.

Монголи халăхĕн революциллĕ партийĕ, КПСС-ăн ĕçри опытĕнчен вĕренсе, парти членĕсене марксистла-ленинла воспитани пама, çĕршыври ĕççыннисене тăван çĕршыва чун-чĕререн юратма, халăхсем хушшинчи туслăха тата пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлессине хисеплеме, пролетариллĕ интернационализм майлă пулма, аслă совет халăхне чун-чĕререн парăнса тăма тата унпа туслă пурăнма воспитани пама тăрăшать. Монголи халăхĕн революциллĕ партийĕ, Марксăн—Энгельсăн—Ленинăн — Сталинăн аслă вĕрентĕвне парăнса тăрса, парти членĕсен сыхлăхне малалла ӳстерсе пырассине, хамăрăн ĕçре критикăпа самокритикăна тăтăшах аталантарса пырассине, ертсе пырас ĕçре коллективлă принципа — парти руководствин чи кирлĕ принципне хытă тытса пырассине чи кирлĕ задача тесе шутлать.

Монголи халăхĕн революциллĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕ, партин мĕнпур членĕсен тата Монголи Халăх Республикинчи мĕнпур ĕççыннисен ирĕкне палăртса, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партине—пĕтĕм тĕнчери рабочисен юхăмĕнче тата революциллĕ юхăмра тĕрĕслевсем витĕр тухнă, малта пыракан партие—халăхсен ирĕклĕхĕпе сутă пулăшлăхĕшĕн паттăр кĕрешнĕшĕн, пирĕн халăхăн революциллĕ партине ĕçре кунсерен пулăшса пынăшăн, совет халăхĕ пур ăнчен те тăванла пулăшнăшăн пĕтĕм чунчĕререн тав тăвать.

Монголи халăхĕн революциллĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партине ĕççыннисен миллионлă массисен ĕмĕрхи ĕмĕчĕсене пурнăçлассишĕн—ССР Союзĕнче коммунизм тăвассишĕн, мирпе демократи тата социализм лагерĕн вăйĕсене малалла тĕреклетсе пырассишĕн кĕрешес ĕçре малашне те çитĕнӳсем туса пыма чун-чĕререн ырă сунать.

Сывă пултăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен аслă партийĕ, совет халăхĕн мĕнпур çĕнтерĕвĕсене хавхалантараканĕ тата организацилекенĕ, пирĕн саманан ăс-тăнĕ, чысĕ тата совеçĕ!

Сывă пултăр Советлă Социализмлă аслă держава — мирĕн, демократипе социализмăн хăватлă тĕрекĕ!

**Монголи халăхĕн революциллĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕ.**

Улан-Батор хули, 1953 çулхи июлĕн 29-мĕшĕ.

*Мускав, Кремль.*

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ 50 çул тултарнă май тăванла хĕрӳллĕ салам ятатпăр.

Пĕтĕм тĕнчери рабочисен юхăмĕн çак паллă кунĕнче эпир сирĕн парти—рабочи класăн чи малта пыракан марксистла революциллĕ партийĕ иртнĕ 50 çул хушшинче яланах пирĕн çĕршыври рабочи класа хăйĕн ĕçĕнчи паха опыт тăрăх ĕçлеме вĕрентсе пынăшăн тав тăватпăр.

Пирĕн кĕрешĕвĕн пур тапхăрĕсенче те эпир Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн паха опычĕ тăрăх ĕçлеме вĕренсе пыма пултартăмăр. Эпир вăл тулашри тăшмансене, çавăн пекех тата партие шăлăнса кĕнĕ тăшмансене хирĕç хастарлă кĕрешсе пынинчен тата унăн боевой теорийĕнчен вĕренсе пытăмăр, пĕтĕм тĕнчери миршĕн, демократишĕн, социализмшăн кĕрешме пролетариат вăйĕсене организацилес тата çул кăтартса пырас тĕлĕшпе унăн кĕрешӳри формисем тăрăх ĕçлеме вĕренсе пытăмăр.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе коммунизм строительствинче тата мир вăйĕсене тĕреклетес ĕçре тунă питех те пысăк результатсем халĕ Финлянди ĕç халăхне реакцие хирĕç, рабочисен юхăмне аркатма хăтланакансене хирĕç, пирĕн тăван çĕршывăн никама пăхăнманлăхĕшĕн, миршĕн, финн халăхĕн ырă та телейлĕ пуласлăхĕшĕн кĕрешес ĕçре çĕнтерӳ тăвасса шанса тăма май параççĕ тата кĕрешме хавхалантараççĕ.

Сывă пултăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен ленинла-сталинла партийĕ—пĕтĕм тĕнчери революциллĕ юхăмăн малта пыракан отрячĕ тата унăн кĕрешӳсенче тĕрĕсленсе çирĕпленнĕ Центральнăй Комитечĕ!

**Финляндири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ.**

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ 50 çул тултарнă ятпа хĕрӳллĕ салам яратпăр. Сирĕн парти хăйне туса хунă вăхăтранпах этемлĕх ĕçне калама çук пысăк пулăшу парса тăчĕ. Çавăн пек пулăшу панă пирки ăна ырă шухăшлă мĕнпур çынсем, мирпе ирĕклĕхе юратакан мĕнпур халăхсем кăмăлласа тав тăваççĕ тата ăна шанаççĕ.

Чаплă уяв кунĕсенче эпир Совет Союзĕнчи Коммунистсен партине чун-чĕререн парăнса тăни тата юратса тав туни çинчен тепĕр хут пĕлтеретпĕр. Сирĕн парти яланах пирĕншĕн тĕслĕх тата пире ертсе пыраканĕ пулнă, халĕ те пирĕншĕн тĕслĕх тата ертсе пыраканĕ пулса тăрать, малашне те çаплах пулĕ.

**Бельгири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ ячĕпе генеральнăй секретарь**
**Эдгар ЛАЛЬМАН.**

## Çамрăксемпе студентсем пĕтĕм тĕнчери фестивале пухăнаççĕ

ВЕНА, июлĕн 31-мĕшĕ. (ТАСС). Халĕ Австри урлă Бухареста, Çамрăксемпе студентсен пĕтĕм тĕнчери фестивалĕнче пулма, хĕвеланăçĕнчи çĕршывсен çамрăкĕсен çĕршер представителĕсем каяççĕ. Анатри Австрири Брук ятлă пĕчĕк хулана урăх çĕршывсенчен — Италирен, Аргентинăран, Бразилирен, Францирен тата урăх çĕршывсенчен фестивале каякан нумай çамрăксем çитнĕ. Хула çыннисем çамрăксен представителĕсене ăшă кăмăлпа саламлаççĕ. Австрири çамрăксем тата демократилле организацисем тăрăшнипе, фестивале каякансене çул çинче нумай пулнă хыççăн Брук хулинче канма тата малалла Бухареста кайма лайăх условисем туса панă.

Фестивале каякансем валли Брук хулинчен ятарласа уйăрнă поезд тухса кайнă, ун çине Бухареста фестивале каякансем пин çын ытла ларнă.

# Анатри чăвашсем патĕнче

### (Республика тулашĕнчен килнĕ çыру)

Сухари-Матак ятлă чăваш ялĕ. Йĕри-тавра—сăрт-тусем. Пĕри—йĕкĕр капан пек,—Капан ту, тепри—тикĕс çĕре ӳссе ларнă пысăк çарăк евĕрлĕ—Çарăк кати тăвĕ. Виççĕмĕшĕсем, тăваттăмĕшĕсем, пиллĕкмĕшĕсем—Сухари тăвĕ, Хурал ту, Кĕсле ту, Ише ту...

Ялтан пĕр километр çурăран-иккĕрен, Хурал ту хӳринчен, вăрмансем пуçланса каяççĕ те çитмĕл-сакăрвунă километра тăсăлаççĕ. Тăвĕсем—Урал тăвĕн пуçламăшĕсем, вăрманĕ—тайга кӳрши. Çырла татма каякансем вăрманта час-часах пăши кĕтĕвĕсене курни çинчен каласа параççĕ.

Сăрт-ту тайлăмĕсенче, вăрман уçланкисенче, Сухарипе Уйрăнлă шывĕсем тăрăхĕнче—утă-çарансем.

Ял Сухари шывĕ хĕррине, шурлăхпутлăхлă ката йĕри-тавра кăшăл пек çаврăнса вырнаçса ларнă. Урамсем—ирĕк, сарлака, пĕр йывăççăр. Пӳртсене шалтан та, тултан та тăм сĕрнĕ, пурна шапшурă шуратнă.

Тырпул пуçтарса кĕртес вăхăт çитеймен-ха. Колхозниксем пахча-çарма çумлаççĕ, кăпчанкă тымарри кăлараççĕ, тиĕрех вырăнсенче утă çулакан машинăсем ĕçлени курăнать. Строительство бригади кĕперсем юсама тытăннă.

Кăнтăрлахи апат тĕлнелле яла лашапа çичĕ çын пырса кĕчĕ. Урапи çине темĕнле ещĕксем, диван пек япаласем, тĕркĕмсем хунă.

Палламан çынсем ял Советне кĕрсе тухрĕç те хăйсене кăтартса панă хваттерсене саланчĕç. Ял хушшине часах хыпар сарăлчĕ: артистсем килнĕ!

Пысăк шкулăн вăрăм коридорĕ вĕçне сцена тума тытăнчĕç, занавессем çакрĕç. (Ял клубĕ кивелнĕ, çитес çул ăна çĕнĕрен тума палăртнă).

Кас пулнă çĕре шкул тавра халăх вĕркĕшме пуçларĕ. Çамрăксем—çĕнĕ костюмсемпе. Хĕрсем вырăсла тумланнă. Ватă хĕрарăмсемпе хăшпĕр хĕрсем çеç анатри чăвашсен пĕрер е икшер аркăллă кĕпипе. Ваттисен—улачаран, çамрăксен — пусма-тавартан. Арки йĕри-тавра сăс тытарнă, хулсем çинче те кĕпи умĕнче — виçĕ пӳрне сарлакăш кăвак, симĕс, хĕрлĕ пусма пӳштĕр. Ĕлĕкрех хул айне урăх йышши пиртен кĕртсе лартакан савăл—кĕштек халĕ вуçех те курăнмасть.

Спектакль пуçланчĕ. Чăваш республикинчи куçса çӳрекен колхоз театрĕ кĕçĕр Болгари драматургĕ Орлин Василев çырнă «Çĕр çинчи рай» пьесăна лартса парать.

Тем вăрăмĕш коридора çапса хĕснĕ пек халăх тулса ларнă. Малтисем лутра тенкелсем çинче. Хыçалалла кайнăçем ретсем çӳлерех курăнаççĕ: те унта ытларах мăннисем ларнă, те тенкелсем çӳлĕ... Стена çумĕнче мĕн çине те пулин тĕрĕнмелли пулсан, мăчча таранах çын купи курăнать.

Занавессем хыçĕнче, сцена йĕри-тавра, тенкелсем хушшинче урайĕнче—пур çĕрте те çын, çын, çын. Шкула вырнаçайманнисем тулта чӳречесем умĕнче кĕпĕрленсе тăраççĕ.

«Çĕр çинчи рай» пьесăри ĕçсем иккĕмĕш тĕнче вăрçи çулĕсенче Болгарире пулса иртеççĕ. Пьесăн тĕп теми—вăрçă халăхăн пур енĕсене те хускатни, кашни çыннăн «вырăнне» тупни, унăн кăмăлне уççăн палăртни.

Орлин Василев çырнă «Çĕр çинчи рай» драма 1948 çулта Георгий Димитров ячĕпе паракан премие илме тивĕçлĕ пулнă. Вăл пьеса Болгари драматургийĕнче юлашки çулсенчи чи лайăх пьесăсенчен пĕри шутланать. Автор пурнăçа лайăх пĕлет, конфликтсене ăота туса пырать, геройсен шухăш-кăмăлĕсене яруççăн кăтартса парать.

Курма пуçтарăннă халăх, драмăри ĕçсене кура, артистсен кашни сăмахнех е хапăлласа, е тарăхса, анчах яланах пĕр пек вĕри кăмăлпа йышăнать.

Юратнă геройсем хăрушлăха лексен, куракансем, уншăн шикленсе, ăна шеллесе, сывламасăр тенĕ пек лараççĕ, Витан Лазаровăн ывăлне Бориса, гестапона сутăннăскере, хăйĕн йăмăкĕ Лили персе пăрахсан, пĕтĕм халăх тăвăллăн алă çупать. (Çынсем ура çине тăмаççĕ—тăма май çук).

Ватăрах çынсене пурте тĕлĕнтерет: артистсем «пăхмасăр» калаçни те (Сухари-Матак ялне профессиллĕ театр пĕрремĕш хут килнĕ), ĕçсем «пурнăçри пекех» пулни те, артистсем чăвашла «хитре» калаçни те.

Антракт вăхăтĕнче никам та тухмасть — вырăн çухатасран шикленеççĕ: тулта темĕн чухлĕ халăх тăрать. Ăнсăртран пĕр çын тухсан, шала пĕр вунă «кандидат» хĕсĕнсе кĕрет.

Чӳречесене уçнă пулин те, коридорта хутнă мунчари пек пăчă, çапах та никам та ӳпкелешмест. Кăкăра йывăр та—кăмăла çăмăл.

Спектакль пĕтет. Анчах куракансем—татах мĕн те пулин кăтартĕç тесе—çаплах вырăнта лараççĕ-ха. Пурне те тенĕ пекех Витан Лазаров рольне вылянă Т. Д. Соловьевпа Лили рольне вылянă Е. Я. Яковлева артистсен вăййи килĕшнĕ иккен. Теприсем Райна-Казанковăпа Борис Лазаров-Кудянова мухтаççĕ. Такам шăппăн ачине лăплантарать, ватă хĕрарăм чӳречерен кӳршĕ хĕрне хăйĕн ĕнине кайса сума ӳкĕтлет. Чĕлĕм туртакансем пирусĕсене е табак енчĕкĕсене кăлара-кăлара пăхаççĕ те чĕртмесĕрех каялла чикеççĕ.

Юлашкинчен,—те куракансен кăмăлне ытараймасăр, те программа тăрăхах, — артистсенчен пĕри—И. Кудянов—концерт пуласси çинчен пĕлтерет.

Артистсем чăваш композиторĕсеннипе халăх юррисене юрласа параççĕ, чăваш ташшисене ташласа тĕлĕнтереççĕ. «Тĕлĕнтереççĕ» сăмаха эпĕ ытахальтен мар, хитрешĕн те мар, вырăнлах кĕртрĕм. Хăвăр шухăшласа пăхăр: тăван халăхăн композиторĕсем çырнă е тури чăваш халăхĕн авалхи юррисемпе ташшисене кунта «куçма-куçăн» нихçан та курман-илтмен, Шупашкартан радиопа вара тӳсме çук япăх илтĕнет. Ни сăмахĕсене ăнланма, ни çеммине илтсе савăнма çук. Ялĕпе чăвашла пĕр-икĕ пластинка пулсан, вĕсене те савăра-савăра часах пăрахăçа кăлараççĕ. Кунта ак, тунсăхласа çитнĕ çынсем умĕнче,—чăн-чăн артистсем. Юррисен сăмахĕсем те лайăх илтĕнеççĕ, çемми те чĕре варринех кĕрсе вырнаçать, юрлаканĕташлаканĕсем те—куç умĕнчех.

Ирĕксĕрех: ку еннелле Чăваш республикинчи юрăпа-ташă ансамблĕ килсе декес пулсан, мĕн пулĕччĕ-ши, тесе шухăшлатăн. Анчах ансамбль килмест. Пĕр хăнăхса çитнĕ такăр çулсемпе Чăваш республики тăрăх çӳреме канлĕрех те, лăпкăрах та пулас. Ку еннелле килес тесен, пăрахутпа Куйбышева çитмелле. Тĕнче хĕрри пекех инçе çул—çапла-и?

Сухари-Матак çыннисем Чăваш академи театрĕпе те кăмăлсăр.

— Пирĕн енне виççĕмĕш çул килсе те, пирĕн яла пĕрре кĕмеççĕ,—тет колхоз председателĕ Петр Иванов.—Малашне апла хăтлансан, эпир вĕсем пирки Чăваш обкомне çырса пĕлтеретпĕр. Пăрччăр кăштах хӳрисене.. Атту тунă та машина,— вĕсен кăна машина тейĕн,—пирĕн ял суммипе çиçĕм пек вĕлт кăна иртсе каяççĕ.

Ял Совет председателĕ Петр Иванов та, колхоз председателĕ Петр Иванов пекех, Академи театрĕ хăйсен ялне кĕменнипе тарăхать.

Чăваш республикинчи колхоз театрĕн артисчĕсене Сухари-Матак çыннисем чĕререн тав туса ăсатса яраççĕ, килес çул татах килме сĕнеççĕ.

Артистсем тухса кайсан нумайран та,—утă çулнă çĕрте-и унта, пахчара-и—колхозниксем вĕсен юррисене ăшшăн аса илеççĕ, шӳтле сăмахĕсене каласа пĕрнепĕри хавхалантараççĕ.

Чăн сăмаха тӳррипех калăпăр: çăвĕнхĕлĕн, кунĕн-çĕрĕн, çумăр е юр çунă чухне те, шăрăх е сивĕ çанталăкра та ялтан яла, пĕр республикăран тепĕр облаçе куçса çӳрекен артистсен ĕçĕнче çитменлĕхсем те çук мар. Хăшпĕрисен вăйă ăсталăхĕ «çӳлти вырăнтах» мар, теприсем—сас çук çĕртенех, сине тăрсах, юрлама тăрăшаççĕ. «Çĕр çинчи рай» пьесăна та И. Д. Краснов юлташ чăвашла хитрех куçарайман, е куçарма çăмăл сăмахсенех вырăсла хăварнă. Спектакль е концерт пуçланас умĕн пĕлтерекен И. Кудянов юлташ «музыка çинче—Шайдуков вылять» тенĕ евĕрлĕ сăмахсем вара хăлхана йӳçĕхтереççĕ. Чăвашла калаçатăн пулсан,—чăвашлах калаç ăна!

Очерка кĕскен пĕтерĕпĕр. Ку çитменлĕхсем кирлĕ ĕçри пĕчĕк кăлтăксем кăна. Чăваш халăх культурин çитĕнĕвĕсене аякри районсене паллаштарса, Чăваш республикинчи куçса çӳрекен колхоз театрĕ питĕ те пысăк ĕç тăвать.

**ХВЕТЕР УЯР.**

Куйбышев облаçĕ,
Исаклă районĕ.

## Аттестат илнĕ хыççăн

КАНАШ. Вагонсем юсакан заводри çамрăк рабочисем производствăра ĕçленĕ вăхăтрах вăтам шкулта вĕренеççĕ. Кăçал рабочисен 2-мĕш шкулĕнчен 21 çын вĕренсе тухрĕ. Вĕсенчен чылайăшĕ аслă шкулсене вĕренме кайма хатĕрленеççĕ. А. Данилов, А. Патин Хусанти химико-технологически институтра вĕренсе химик пуласшăн; М. Воронова тата С. Прокопьев Канаш хулинчи учительски институтра вĕренме кĕме шутлаççĕ.

**И. ЖУРАВЛЕВ.**

### ПАЯН «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАÇАТРА

Умстатья. — Чугун çул транспортĕнчи çĕнĕ çитĕнӳсемшĕн!

Тырпул пухса кĕртес тата государствăна тырă парас ĕçсене хăвăртлатар!

Паян—Пĕтĕм Союзри чугун çул работникĕсен кунĕ.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ 50 çул тултарнă ятпа пулса иртнĕ парти активĕн пухăвĕсенче.

КПСС Шупашкар хула комитечĕн пленумĕ.

СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерствинче.

Урăх çĕршывсенчен килнĕ хыпарсем.

### *Тӳрлетни*

«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн августăн 1-мĕшĕнче тухнă номерĕн 2-мĕш страницинче пичетленнĕ «Шупашкар хулинчи парти активĕн пухăвĕ» ятлă информаци вĕçне çапла тӳрлетсе вуламалла:

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ аллă çул тултарнă ятпа пулнă актив пухăвĕ йышăннă решенире Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне çапла шантарса каланă: Шупашкар хулинчи коммунистсем тата ĕççыннисем Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви тавра тата та тачăрах пĕтĕçсе тăрĕç, партин XIX-мĕш съезчĕ кăларса тăратнă аслă задачăсене пурнăçлама хăйсен творчествăлла вăй-хăватне ӳстерсе пырĕç.

Актив пухăвĕ парти Гимнне—«Интернационал» юрланипе вĕçленчĕ.

**Редактор заместителĕ М. Н. ЯКИМОВ.**

### ТЕАТР

Мари АССР-ĕнчи Шкетан ячĕпе тăракан вырăсла драма театрĕн гастролĕсем. Чăваш академи театрĕнче — августăн 2-мĕшĕнче кăнтăрла тата каçхине «Грушенька».

Кăнтăрлахи спектакль 12 сехетре, каçхине 20 сехет те 30 минутра пуçланать.

### КИНО

«РОДИНА»—августăн 2-мĕшĕнче 10, 12 тата 14 сехетре пуçланакан сеанссенче «Белеет парус одинокий» ытти сеанссенче çĕнĕ фильм-спектакль «Егор Булычев и другие». Пĕрремĕш серн 16 тата 20 сехетре, иккĕмĕш серн 18 сехет те 15 минутра тата 22 сехетре пуçланать.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-04, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 0460 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Тираж 20.000 экз.